ПЕТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 11 ВЫРСАРНИКУН № 199 (9108)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Тăван çĕршыв валли йывăç ытларах хатĕрлер

Хăвăрт аталанса пыракан халăх хуçалăхне йывăç материалсем нумай кирлĕ. Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ социализмла ялхуçалăхне малалла аталантармалли программа йышăнчĕ. МТС-сенче, совхозсенче тата колхозсенче строительство ĕçĕсем темисе хут пысăкланаççĕ. Çĕнĕ стройкăсене, промышленность предприятийĕсене, социализмла ялхуçалăхне пĕрене, хăма, шпал тата ытти материалсем çителĕклĕ парса тăрасси—вăрман промышленноçĕнче ĕçлекенсен тивĕçĕ.

Пирĕн республикăри вăрман промышленноçĕ хатĕрлекен продукцие Донбаса, Вăтам Азие, Украинăна тата ытти нумай республикăсемпе облаçсене ăсатаççĕ. Вăрманпромхозсем государство çирĕплетсе панă заданисене вăхăтра пурнăçласа пыни халăх хуçалăх планĕсене ăнăçлă тултарса пыма пулăшать. Çавна ăсра тытса, малта пыракан вăрманпромхозсен коллективĕсем пуян техникăна тухăçлă ĕçлеттерессишĕн, шалти резервсемпе туллин усă курассишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешеççĕ. «Чувашлес» треста пăхăнса тăракан Çĕмĕрле тата Вăрнар вăрманпромхозĕсем виççĕмĕш кварталти, çавăн пекех 9 уйăхри производство планне ирттерсе тултарнă. Анчах «Чувашлес» трест, пĕтĕмĕшпе илсен, çав-çавах япăх ĕçлет-ха. Вăл кăçалхи виçĕ кварталта халăх хуçалăхне 176 пин кубометр йывăç парса çитереймен.

Тăваттăмĕш кварталта вăрман хатĕрлекен предприятисем умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Вĕсен иртнĕ кварталтисенчен чылай нумайрах йывăç хатĕрлемелле. Ăна пурнăçлама вĕсен мĕн кирли пурте çителĕклĕ. Механизмсемпе тĕрĕс усă курни, рабочисен, инженерсемпе техниксен творчествăлла активлăхне вăйлатса пыни, ĕç тухăçлăхне тăтăшах ӳстерсе пыни çеç кирлĕ.

Кĕркуннехи çанталăкра вăрман хатĕрлес ĕçре хăйне евĕрлĕ йывăрлăхсем пулаççĕ. Ĕлĕкрех, пур ĕçе те алăпа тунă тата лашапа турттарнă вăхăтра, кĕркунне йывăç хатĕрлевĕ чарăнса ларнă. Халĕ пирĕн вăрманпромхозсем пĕрмаях тухăçлă ĕçлеме, механизмсемпе туллин усă курма пултараççĕ. Анчах хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем халĕ те кивĕлле ĕçлеççĕ. Автомобильсем çӳремелли çулсене вăхăтра юсаса хуманнипе Йĕпреç вăрманпромхозĕ (директорĕ Парфенов юлташ) кĕркунне йывăç турттарса кăлармалли плана çулсерен тултармасть. Улатăр, Буинск, Шăмăршă, Пăрачкав вăрманпромхозĕсем те çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Малта пыракан предприятисен коллективĕсем кирек мĕнле çанталăкра та плана тултарса пыраççĕ. Çавăн пек ĕçлеме пур вăрманпромхозсем те тивĕç. Çапла тăвас тесен, хуçалăх руководителĕсен малашлăха курса тăма пĕлмелле, производствăра тĕл пулакан йывăрлăхсемпе чăрмавсене, сезонлăха пăхмасăр, пĕтерме коллектива мобилизацилемелле.

«Чувашлес» трест юлса пыни ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккинчен, чылай рабочисем нормăна тултарса пыманнинчен килет. Çĕршыври малта пыракан вăрманпромхозсенче кашни рабочи пуçне куллен вăтам шутпа пĕр кубометртан ытла мар йывăç турттарса кăлараççĕ. Август уйăхĕнче трест (ку уйăхра вăл лайăхрах ĕçленĕ) кашни рабочи пуçне 0,79 кубометр йывăç турттарса кăларнă. Сентябрь уйăхĕнче вара ĕç тухăçлăхĕ чылай чакнă.

Вăрманпромхозсен пуян техникăпа усă курас ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле, йывăç хатĕрлес ĕçе комплекслă майпа механизацилемелле, производствăна организацилемелли формăсемпе меслетсене пĕрмаях лайăхлатса пымалла, ĕç вăйĕпе усă курассине лайăхлатмалла. Кашни вăрманпромхоз, вăрман пункчĕ, участок производство планне кунтан-кун тултарса пытăр, хăвăтлă механизмсене татти-сыппи пĕлмесĕр, тухăçлă ĕçлеттертĕр. Çапла тусан çеç эпир республикăри вăрман промышленноçĕ юлса пынине пĕтерме пултарăпăр.

Государство вăрманпромхозсене йывăç турттарма автомашинăсем, тракторсем, пăравуссем тата ытти механизмсем нумай уйăрса парать. Апла пулин те вĕсем халĕхе йывăç турттармалли плана хăйсен вăйĕпе çеç тултарма пултараймаççĕ. Çавна шута илсе, правительство 1953 çулхи октябрĕн 15-мĕшĕнчен 1954 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕ хушшинче колхозсен лашисене СССР Вăрманпа хут промышленность министерствине пăхăнса тăракан вăрманпромхозĕсенче ĕçлеме хутшăнтарма йышăннă. Йывăç касса хатĕрлеме вăрманпромхозсем колхозниксене каласса татăласа, договорсем туса явăçтараççĕ.

Пирĕн республикăри колхозсен кăçалхи тăваттăмĕш кварталта 45 пин кубометр йывăç турттарса кăлармалла, 60 пин кубометр çул хĕррине илсе тухмалла. Урăхла каласан, пĕлтĕрхи тăваттăмĕш кварталтипе танлаштарсан, чылай сахалтарах йывăç турттармалла. Çавна пурнăçлама колхозсен райсовет исполкомĕсем кăтартса панă чухлĕ туртăм вăйĕ уйăрса ярас пулать. Хăйсен лашисемпе государство валли йывăç турттарнăшăн колхозсене çирĕплетсе панă йĕрке тăрăх укçа тӳлеççĕ. Вăрманпромхозсем колхоз лашисене тăрантарма сĕлĕ уйăрса параççĕ. Райсовет исполкомĕсен ял Совечĕсемпе колхозсене лавсем уйăрса яма çитес кунсенчех заданисем памалла. Октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне кашни районтан, колхозран вăрманта палăртнă чухлĕ туртăм вăйĕ пултăр. Районсен, ял Совечĕсемпе колхозсен руководителĕсем государство заданине пурнăçласси хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса лармалла мар.

Пропагандистсем, агитаторсем, докладчиксем вăрман промышленноçĕ халăх хуçалăхĕнче пысăк вырăн йышăнни, пилĕк çуллăх плана тултарма, ялхуçалăхне малалла аталантармалли программăна пурнăçлама çĕршыва йывăç материалсем нумай кирли çинчен колхозниксене куллен ăнлантарса пама тивĕç.

Вăрманпромхозсен руководителĕсен, «Чувашлес» трестăн ĕçлеме пыракан колхозниксене лайăх кĕтсе илмелле. Уйрăмах пурăнмалли çуртсене, клубсене, хĕрлĕ кĕтессене, мунчасене лайăх юсаса тирпейлесе çитерес пулать. Общежитисенче кроватьсем, вырттса канмалли хатĕрсем, сĕтел-пукан, радио пултăр. Колхозниксене вырнаçтарма общежитисем çитмесçĕ пулсан, вăрманпромхозсен çывăхри ялсенчи колхозниксемпе тата служащисемпе колхозниксене хваттере ярас пирки каласса татăлмалла.

РСФСР Вăрманпа хут промышленность министерствин Чăваш республикинчи УРС-ĕн (начальникĕ Никандров юлташ) рабочисемпе колхозниксен кулленхи ыйтăвĕсене кирлĕ пек тивĕçтермелле тумалла: столовăйсенче, магазинсенче таса та йĕркеллĕ пултăр. Кашни участокра çотлопунктсем организацилемелле. Рабочисем, колхозниксем ĕçленĕ вырăнтах куллен вĕри апат çиме пултарччăр.

Колхоз лашисене тăрантарма утă чылай кирлĕ пулать. Вăрманпромхозсен инçетри колхозсене утă турттарма автомашинăсем парса пулăшмалла. Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин хатĕрлев пункчĕсенче çакăн пек йĕрке тăвас пулать: государствăна утă памалли плана тултарнă колхозсем вăрмана яракан лашасене тăрантарма кирлĕ утăна хăйсене çывăхри пунктсене пама, ун вырăнне вара ытти пунктсенче утă илме пултарччăр.

Вăрманпромхозсенчи парторганизаци секретарĕсен, директорсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсен партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсен ĕçне вăйлатмалла. Пропагандистсем, агитаторсем, докладчиксем рабочисемпе колхозниксене партипе правительство юлашки вăхăтра йышăннă постановленисем çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен тĕплĕн ăнлантарса пама, малта пыракансен опычĕпе паллаштарма тивĕç. Рабочкомсен социализмла ăмăртăва анлă сармалла, кашни рабочиĕ, колхозника тухăçлă ĕçлеме майсем туса памалла, культурăллă-массăлла ĕçе сӳлĕ пусăма хăпартмалла.

Государство заданийĕсене пурнăçлас ĕçе активлă хутшăнасси комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксен йăлине кĕнĕ. Республикăри çĕршер комсомолецсем, союзра тăман çамрăксем, вăрман хатĕрлевне туллин хăмăлпа хутшăнса, Тăван çĕршыв умĕнчи хăйсен тивĕçне чыслă пурнăçласси пирки иккĕленмелли çук.

СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕ тата Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решенисем совет халăхĕн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне çĕнĕ хăватпа вăйлатса ячĕç. Фабрикăсемпе заводсенче, МТС-семпе колхозсенче Октябрьти Социализмла Аслă революци пулнăранпа 36 çул тултарнине çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту анлă сарăлса кайрĕ. Çак ăмăртăва вăрман хатĕрлекенсем те активлă хутшăнаççĕ. Вĕсем Тăван çĕршыва йывăç ытларах парассишĕн, 1953 çулхи плана ăнăçлă тултарассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешĕç.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### В. А. ОБРУЧЕВ АКАДЕМИКА ЛЕНИН ОРДЕНĔПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Наукă енĕпе тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн тата çуралнăранпа 90 çул тултарнă май Владимир Афанасьевич Обручев академика Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль.
1953 çулхи октябрĕн 9-мĕшĕ.

# Ялхуçалăх ĕçĕсене хăвăртрах вĕçлесе çитерессишĕн кĕрешер!

## Механизаторсен ăмăртăвĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. В. Маркиданов юлташ ертсе пыракан трактор бригадинчи механизаторсем кĕрхи сĕртме тумалли плана сентябрĕн 28-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç. Бригада «Путь социализма» колхозра 505 гектар кĕрхи сĕртме сухи турĕ.

Район Совечĕн депутачĕ Д. Маков коммунист ертсе пыракан бригада та кĕрхи сĕртме сухи тумалли плана ăнăçлă тултарса пырать. Ку бригадăри механизаторсем Молотов ячĕпе тăракан тата «Правда» колхозсенче 610 гектар кĕрхи сĕртме тунă. Ф. Селиверстов, Ф. Смирнов юлташсем ертсе пыракан бригадăсем те кĕрхи сĕртме тумалли заданисене çитес кунсенчех пурнăçлаççĕ. Трактористсен социализмла ăмăртăвĕнче, халиччен пекех, «ДТ-54» тракторпа ĕçлекен Григорий Сахаров комсомолец малта пырать. Вăл хăйĕн обязательствине сентябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне пурнăçларĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановленипе паллашнă хыççăн, Сахаров юлташ хăй ĕçлекен тракторпа çулталăкра 2.000 гектар сухаланă чухлĕ ĕçлеме пулчĕ. Хастарлă тракторист хăйĕн обязательствине чыслăн пурнăçлать. Вăл октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 1.960 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

8-мĕш трактор бригадинче Алексей Байдураев пысăк хастарлăхпа ĕçлет. Вăл «ДТ-54» тракторпа 1.600 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

А. ТУКМАКОВ.

## Пахча çимĕç сутаççĕ

ШĂХАСАН. «Красный Октябрь» колхоз кăçал пысăк тухăçлă пахча çимĕç туса илчĕ. Районта чи малтан государствăна пахча çимĕç парса татнă хыççăн, колхоз пасарта пахча çимĕçсем сутма тытăнчĕ. Пахча çимĕç сутса 35 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

Г. ЛУЧ.

## Хур ферми

ЙĔПРЕÇ. Сталин ячĕпе тăракан колхоз чăх-чĕп ĕрчетмелли плана 138 процент пурнăçланă. Колхоз чăх-чĕп ĕрчетнипе пĕрлех хурсем усрама тытăнчĕ.

Халĕ фермăра 262 хур усраççĕ.

И. ТИХОНОВ.

## Çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçе хăвăртлатмалла

СОВЕТСКИ. Районти малта пыракан колхозсем çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз çĕрулми кăларса пĕтернĕ, вăрлăхлăх паха çĕрулми хывнă, государствăна памалли плана та ирттерсе тултарнă. Карл Маркс ячĕпе, Чкалов ячĕпе тăракан колхозсенче те çĕрулми кăларса пĕтереççĕ.

Анчах район çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçре юлса пырать. Октябрĕн 5-мĕшĕ тĕлне çĕрулмине 57,5 процент кăларнă, государствăна памалли плана 25 процент тултарнă. Çакăн пек хăвăртлăхсемпех ĕçлесен, çĕрулми кăларасси тата нумая тăсăлма пултарать.

Район юлса пынин тĕп сăлтавĕ чылай колхозсен руководителĕсем ĕçри ответлăха туйманни пулать. Шерняк ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çулта та çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçе кая юлса тытăннă. Чылай лаптăк çинчи çĕрулми кăлармасăр юлнă, кăларни те уйрах нумай çĕрнĕ. Иртнĕ çулхи йăнăшсем колхоз руководителĕсене нимĕн чухлĕ те ĕçлеме вĕрентмен. Кăçал та çĕрулми кăларма кая юлса тытăннă, япăх тата питĕ вăраххăн кăлараççĕ. 61,8 гектартан çуррине те кăларман-ха. Колхозниксен ĕçне тĕрĕс организацилемен, вĕсем ĕçе кая юлса тухаççĕ, ĕçрен ирех таврăнаççĕ, нормăна тултарса пымаççĕ. Бригадăсенче социализмла ăмăрту сарса яман. Çĕрулмине кăларнă чухне нумай тăкакалаççĕ. Кăларнă çĕрулми эрни-эрнипе уйра выртать. Ăна çинче выльăхсем çӳреççĕ. Вăрлăхлăх çĕрулми хывса çитермен. Колхозăн планпа 354 тонна силос хывмалла пулсан, 68 тонна кăна хывнă. Апла пулин те çĕрулми аврипе силос тунă çĕрте усă курмаççĕ. Вăл уйрах çĕрет.

Колхозăн икĕ автомашина, 100 ытла лаша пур. Государствăна çĕрулми парса татма пур майсем те çителĕклĕ. Анчах колхоз председателĕ И. Мартынов çĕрулми кăларса пĕтерес, государствăна парса татас ĕçшĕн ответлăха туймасть. Çĕрулми турттарнă çĕрте машинăсемпе туллин усă курас вырăнне, Етĕрнери спирт заводĕнчен машинăсем килессе кĕтсе ларать.

Колхозри пуçламăш парторганизаци те ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе нимĕн те тумасть. Коммунистсем çĕрулми кăларас ĕçе хутшăнмаççĕ, колхозниксем хушшинче нимĕнле агитацилле-массăлла ĕç те туса пымаççĕ. Колхозниксене хăйсен интересĕсене обществăлла интерессемпе тĕрĕс сыхăнтарса пыма вĕрентни çук. Çавăнпа ĕнтĕ колхозниксем çĕрулми кăларма кая юлса тытăннă.

Çакăн пек тĕслĕхсене Куйбышев ячĕпе, Максим Горький ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан, «Заря», «Красное Сормово» колхозсенче те курма пулать. Çак колхозсем çĕрулмине виççĕмĕш пайĕ чухлĕ те кăларман-ха. Жданов ячĕпе тăракан колхоз 40 гектартан 13 гектарне кăна кăларнă. Колхоз председателĕ В. Свешников юлташ, çĕрулми кăларас ĕçе тивĕçлипе йĕркелес вырăнне, 2—3-шер кун район центрĕнче çӳрет. Асăннă ытти колхозсем те 40—50 гектартан 15—16 гектар çеç кăларнă. Вĕсем государствăна çĕрулми парас тĕлĕшпе те чăтма çук кая юлса пыраççĕ. Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз государствăна çĕрулми пама пачах тытăнман. «Красное Сормово» колхоз пĕтĕмпе те 21 центнер, Жданов ячĕпе тăракан колхоз 99 центнер çĕрулми панă. Асăннă колхозсен председателĕсем хăйсен ĕçри ответсăрлăхне тĕрлĕрен сăлтавсемпе витме тăрăшаççĕ.

Çĕрулми кăларас ĕçре колхозсене МТС-ăн пулăшмалла. МТС директорĕ В. Васильев юлташ та, кая юлса пыракан колхозсен председателĕсем пекех, ĕçе хăвăртлатас тĕлĕшпе ответлăха туймасть. МТС-ăн çĕрулми кăлармалли машинисем ĕçлемесĕр лараççĕ.

Район юлса пынин тепĕр сăлтавĕ — районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçре конкретлă ертсе пыманни пулать. Кунта колхозсенче çĕрулми кăларас ĕç мĕнле пынине колхозсем паракан сводкăсем тăрăх кăна пĕлеççĕ. Управленинче ĕçлекенсем колхозсенче сахал пулаççĕ, ĕç мĕнле пынипе интересленмеççĕ, çĕрулми кăларас ĕçе тĕрĕс организацилеме пулăшни çук.

— Черетлĕх пысăк пирĕн. Малтанласа колхозсем авăн çапма тăрăшрĕç. Кайран тин çĕрулми кăларма тытăнчĕç,—тет районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн начальникĕ Федоров юлташ. Анчах ку сăмахсем те ĕçпе сыхăнмаççĕ. Районти колхозсенче авăн çапас ĕç те юлса пырать.

Райсовет исполкомĕпе парти райкомĕ çинчен те çакнах каламалла. Вĕсем çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçе конкретлă ертсе пыни çук.

Çĕрулми кăларса государствăна парас ĕçе кунта пур майсемпе те хăвăртлатмалла.

Н. ЦВĔТКОВ.
(Хамăр корр.).

## Колхозниксен вĕренĕвĕ çинчен

Агрозоотехника курсĕсен ĕçне лайăх йĕркеленĕ колхозсенчи колхозниксемпе колхозницăсем, ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсене тата малта пыракансен опытне куллен вĕренсе, пысăк тухăçлă тырпул туса илеççĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатаççĕ.

Красноармейски районĕнчи «Путь Ленина» колхозра 25 колхозник агротехникăна вĕренмелли курсран вĕренсе тухнă. Экзамен ирттерекен комисси вĕсене пĕррремĕш разрядлă ялхуçалăх мастерĕн ятне панă. Вĕсем виçĕ çул хушшинче совет агрономи наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсене колхоз производствинче пурнăçласа пыма вĕренсе çитнĕ. Çав колхоз кăçал ялхуçалăх ĕçĕсене чи кĕске срокра, пысăк пахалăхпа туса пычĕ, кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕшчырă пухса кĕртрĕ.

Анчах пĕтĕм районĕпе илсен иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсем савăнмаллах пулаймарĕç. Колхозниксене вĕрентмелли плана район тултарайман. Вĕренме пуçланисенчен çурри ытларах кăна çуркунне экзаменсем тытнă. Чылай артельсенче колхозниксен вĕренĕвне йĕркелемен пулнă.

Çав çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшни кăçал та курăнмасть-ха. Октябрĕн 1-мĕшĕнче занятисем пуçланмаллаччĕ. Вăл кун занятисем пулмарĕç. Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕнче ăçта мĕнле группăсем пулмаллине те пĕлмеççĕ.

Колхозниксен вĕренĕвне кăмăн йĕркелемелли çинчен халĕ МТС-па районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ хушшинче тавлашу пырать. Çак вырăнсăр тавлашăва пĕтерсе, колхозниксен вĕренĕвне йĕркелессишĕн ответлă работниксене хăйсен ĕçне тутармалла.

Ялхуçалăх специалисчĕсене МТС штатне куçарнă хыççăн агрономсемпе зоотехниксем пĕр колхозран тепĕр колхоза куçнисем пулчĕç. Çавна май агрозоотехникăна вĕрентмелли группăсене çĕнĕрен тумалла пулать. «Коминтерн» колхозра, акă, зоотехника группи тума палăртса хунă. Халĕ унта агроном янă. Çавăнпа та халĕ кунта агротехникăна вĕренмелли группа тусан вырăнлă пулмалла. Ытти колхозсенче те группăсене тĕрĕс йĕркелесе çитерни кирлĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ колхозсенче агрозоотехника курсĕсен ĕçне тĕпрен лайăхлатма кирлине палăртрĕ. Колхозниксем хушшинче агрономипе зоотехника наукисен çитĕнĕвĕсене, малта пыракансен опытне пропагандăлас ĕçе КПСС райкомĕн тивĕçлипе ертсе пымалла.

Н. ОРЛОВ.
(Хамăр корр.).

*Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăрту*

## ЭЛЕКТРОАППАРАТУРА ЗАВОДĔНЧЕ

Шупашкарти электроаппаратура тăвакан завод коллективĕ, Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, пысăк обязательствăсем илчĕ. Халĕ заводри рабочисем хăйсен обязательствине пурнăçлассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, аслă уяв тĕлне вунпĕр уйăхри производство планне тултарассишĕн кĕрешеççĕ. Илнĕ обязательствăсене пурнăçласа, завод 10 уйăхри производство планне октябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ.

Электроаппаратура пухакан виççĕмĕш цех.

— Эпир пĕтĕм цехĕпе чи паха продукци туса кăларассишĕн кĕрешме задача лартрăмăр,—тет цех начальникĕ П. Пестряков юлташ.—Халлĕхе эпир çав задачăна татса панă теме пултарайнастпăрха; пурте хастарлă ĕçе тытăнсан, мĕнпур майсемпе туллин усă курсан, хамăр умма лартнă задачăна татса пама шанчăк пур.

Цехри бригадăсен ĕçĕпе паллашсан, ку сăмахсен тĕрĕссине лайăхах ăнланса илме пулать. Акă, коммунист Федор Степанович Довгаль ертсе пыракан бригада. Ку бригадăра тăватă çын ĕçлет. Вĕсенчен виççĕшĕ малтанах ученикçем пулнă.

— Эпĕ Çĕрпӳ районĕнче 1930-мĕш çулта çуралнă. Завода ĕçлеме 1950 çулта килтĕм. Малтанах Довгаль юлташ бригадинче ученик пултăм. Бригадир мана ăшшăн кĕтсе илсе, слесарь ĕçне вĕрентсе пычĕ,—тет Владимир Павлов слесарь.

Бригадăри ытти икĕ рабочи—В. Керносеев слесарьпе И. Терентьева монтажницăн та малтанах специальность пулман.

Василий Керносеев—Тутар республикинчи Тĕтюш районĕнче çуралса ӳснĕ чăваш. Завода 1946 çулта ĕçлеме килнĕ. Халĕ вăл—пиллĕкмĕш разрядри слесарь-сборщик.

Ирина Терентьева заводра ĕçлеме пуçланăранпа октябрĕн 7-мĕшĕнче вунă çул тултарчĕ. Эпĕ Хусанта çуралса ӳснĕ,—тет вăл.—Завода ĕçлеме кĕнĕ чухне манăн нимĕнле специальность та пулман. Майĕпен вĕренсе, ĕçе хăнăхса пытăм. Çак заводрах комсомол ретне кĕтĕм.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Электроаппаратура заводĕнчи чи лайăх продукци туса кăларакан бригада членĕсем (сулахайран сылтăмалла)—бригадир помощникĕ В. Керносеев, В. Павлов тата И. Терентьева слесарьсем. Ку бригада кулленхи ĕç нормине 200—220 процент тултарса пырать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

Бригадăри рабочисен ĕç ăсталăхĕпе хастарлăхĕ ӳсе пынă. Бригадăра—вырăс, украина, чăваш халăхĕсен представителĕсем. Пĕр çемьери пек килĕштерсе ĕçлесе, хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстерсе пырса, бригада членĕсем ӳсĕм хыççăн ӳсĕм тăваççĕ. Июль уйăхĕнче плана 258 процент, август уйăхĕнче — 270 процент тултарнă.

—Халĕ бригадăн уйрăмах пысăк савăнăç: ăна чи лайăх продукци туса кăларакан бригада ятне панă. Çак хыпар рабочисене питĕ савăнтарчĕ, малашне çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарчĕ. Вĕсем çак кунсенче пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ, смена нормăна тăтăшах ирттерсе тултараççĕ.

Аслă уяв ячĕпе илнĕ обязательствăсене ытти бригадăсем те чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. П. Павлов юлташ ертсе пыракан слесарьсен бригади çинчен заводра ырă хыпар сарăлнă. Ку бригада производство планне уйăхран-уйăха ирттерсе тултарать. Туса кăларакан продукци пахалăхĕ питĕ лайăх.

...Сверлильнăй станок умĕнче—Михаил Пермяков. Çулталăкри нормăна вăл тахçанах тултарнă. Ку кунсенче коммунист-сверловщик Пермяков юлташ нихçанхинчен те пысăкрах хастарлăхпа ĕçлет. Вăл электричество аппарачĕсен плитисем çинче шăтăксем шăтарать. Шăтăксене тĕрлĕ виçеллĕ тумалла. Вĕсене чертеж çинче кăтартса панă виçепе шăтарас пулать. Плитана станок умне хурать те, сверловщик кирлĕ виçеллĕ пăрасем вырнаçтарса лартать, вара станока хута ярать.

Çак ĕçсене тума Пермяков юлташ питĕ хăвăрт вĕренсе çитнĕ. Халĕ Пермяков юлташ сверлильнăй пайра чи лайăх ĕçлекен рабочи шутланать.

Чи лайăх ĕçлекенсем çинчен, социализмла ăмăртура малта пыраканçем çинчен сăмах тапратсан, Римма Колпакова бригадине асăнмасăр иртме çук. Ку бригадăра ĕçлекенсем пурте—чăваш хĕрĕсем. Вĕсем контакторсем пухнă çĕрте ĕçлеççĕ. Çамрăк бригадир Колпакова юлташ ĕçе тĕрĕс йĕркелеме, бригада членĕсен туслăхне çирĕплетме пултарнă. Çапла тунипе бригада нормăна тăтăшах ирттерсе тултарать, паха продукци туса кăларать.

Иккĕмĕш сборочнăй цех коллективĕ октябрь уйăхĕнчи плана палăртнă номенклатура тăрăх 105 процент тултарма, талăкри графика пăхăнса ĕçлеме, паха продукци туса кăларма обязательство илнĕ. Рабочисем хăйсен обязательствине пурнăçлассишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ. Ĕлĕкрех ытлах палăрман рабочисем малти рете тухаççĕ. Сăмахран, слесарь-сборщик Д. Кузнецов юлташ çулталăкри заданине тахçанах тултарнă. Халĕ нормăна 200—210 процентран кая мар тултарса пырать.

Çакăн пек тĕслĕхсем нумай илсе кăтартма пулать. Вĕсем рабочисен хастарлăхĕ ӳсе пыни çинчен, аслă уява чыслăн кĕтсе илессишĕн хастарлăн кĕрешни çинчен калаççĕ.

Завод коллективĕ шефа илнĕ Ильич ячĕпе тăракан колхоза пулăшу пама обязательствăсем йышăннă. Ку енĕпе ятарласа комисси тунă. Халĕ колхоза электрификацилеме материалсем хатĕрлеççĕ.

Аслă уяв умĕн — социализмла ăмăрту пуçарнă завод коллективĕ çак кунсенче çапла ĕçлет.

В. МАКСИМОВ.

## КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔН VII-мĕш ПЛЕНУМĔ

# КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем çинчен тата республика ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе облаçри парти организацийĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен

### *КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Т. А. Ахазов юлташ тунă докладран*

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕнче, тет Ахазов юлташ, СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли тĕп ыйтусене çутатса панă, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене татăклăн вăйлатмалли, ялхуçалăх продукчĕсем туса кăларассине вăйлатмалли сулйĕрĕ кăтартса панă.

Н. С. Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче çапла калать: «Халăх хаçатне халăх хуçалăхĕнчи чи кирлĕ те пысăк задача çакăн пек: йывăр индустрие малалла та мĕнпур майсемпе аталантарса пырса, ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те хăвăрт вăйлатмалла тата çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче пирĕн çĕршыври пĕтĕм халăха апат-çимĕç таварĕсем парса тăрассине нумай ÿстермелле, çакăнпа пĕрлех колхоз хресченĕсен пĕтĕм массин материальнăй пурнăçне тата та ытларах лайăхлатмалла».

Колхоз строе вуншар миллион хресченсен пурнăçне социализмла никĕс çинче тĕпрен улăштарса çĕнетрĕ, совет ялĕнчи мĕнпур ĕçчĕнсене пуян та культурăллă пурнăç патне пыма асăл çул уçса пачĕ. Рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи союз никĕсне çĕнтерейми çирĕп вăй пулса тăчĕ.

Çакăнпа пĕрлех КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ социализмла шутра ялхуçалăхне вăйлатмалли пысăк майсемпе эпир çаплах начар усă курнине палăртрĕ. Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ çаплах пĕчĕккĕ. Ялхуçалăхĕн тухăçлăхĕ, çĕрулми, пахча çимĕç, йĕтĕн, выльăх апачĕ туса илесси халăх хуçалăхĕн ÿссе пыракан ыйтăвĕсенчен юлса пырасçĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынине тата тырпул тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнине, çавăн пекех чылай колхозсем организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен юлса пынине эпир уйрăмах хамăр республика тĕслĕхĕнчен лайăх куратпăр.

Малалла докладчик ялхуçалăх производстви çителĕксĕр ÿссе пыни тата ялхуçалăхĕн чылай отраслĕсем кая юлса пыни мĕнрен килнине кăтартакан сăлтавсем çинче чарăнса тăрать.

Çакăн пек сăлтавсенчен пĕри вăл, тет докладчик, чи малтан, ялхуçалăхĕн чылай отраслĕсенче колхозсемпе колхозниксене пурлăх тĕлĕшпе хавхалантармалли принципа пăсни, колхозниксен обществăлла интересĕсене харпăр хăй интересĕсемпе тĕрĕс çыхăнтарса пымалли принципа пăсни, хăватлă техникăпа çителĕксĕр усă курни, ялхуçалăхĕн кая юлса пыракан отраслĕсене çителĕксĕр механизацилени, парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем колхозсене, МТС-сене, совхозсене çителĕксĕр ертсе пыни, уйрăмах кадрсем суйласа илес, вĕсене ĕçе вырнаçтарса тухас тата воспитани парас ĕçсем çителĕксĕр тăни, ялта партиллĕ-политикăлла ĕçе кирлĕ пек йĕркелеменни, колхоз председателĕсемпе правленийĕсем хăйсем начар ĕçлени, колхозниксем хушшинче ĕç дисциплинин вăйсăр пулни, колхоз пурлăхĕ çине чунсăр пăхни пулать.

Сĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕçĕн культури пирĕн республикăри нумай колхозсенче питĕ аялти вырăнта тăрать, агрозоотехникăлла паха ĕçсене пурнăçламаççĕ. выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, çĕрулмипе техникăлла культурăсем туса илес ĕçсене механизацилеменпе пĕрех, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Пирĕн колхозсенче продукци туса кăларма ĕç вăйĕ нумай тухни, çапла вара тупăшсем сахал пулни çакăнтан килет те ĕнтĕ. 1952 çулта республикăра пĕр ĕçкунĕ пуçне тунă тупăш, укçапа шутласан, 2 тенкĕ те 25 пуслăх кăна пулнă.

Ахазов юлташ республикăра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле тăни çинче тата ăна малалла вăйлатмалли мерăсем çинче тĕплĕн чарăнса тăрать.

Республикăра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç, тет вăл, ялхуçалăхĕнче чи кая юлнă отрасль пулса тăрать. Н. С. Хрущев юлташ докладĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕнче палăртнă пысăк çитменлĕхсем пирĕн республикăна та пĕтĕмĕшпех пырса тивеççĕ.

Вăрçăччен 1940 çулхипе танлаштарсан, республикăри колхозсенче мăйракаллă шултра выльăхсен хисепĕ 96 процент, вăл шутра ĕнесен хисепĕ—78 процент, сыснасен хисепĕ—275 процент, сурăхсен хисепĕ—236 процент ÿснĕ. Продуктивлă выльăх-чĕрлĕх хисепĕ ÿсни çак тапхăр хушшинче государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парассине ÿстерме май пачĕ. Анчах пулсан та продуктивлă выльăх-чĕрлĕх хисепĕ çакăн пек ÿснине вăркеллĕ [illegible] шутлама çук, мĕншĕн тесен вăл КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановленире туса тăракан ыйтусене тивĕçтереймест.

Ĕнесемпе сурăхсем тĕлĕшĕнчен эпир çаплах 1928 çулхи шая çитмен-ха. Кунсăр пуçне, лашасен хисепĕ те чылай чакнă.

1940 çулхипе танлаштарсан, пирĕн республикăри колхозсенче продуктивлă выльăх-чĕрлĕх шучĕ ÿснĕ, анчах çак ÿсĕм вăл малта пыракан районсемпе колхозсен шучĕпе пулса пынă. Çав вăхăтрах чылай районсенчи колхозсенче выльăхсен хисепĕ чакса пырать. Тĕслĕхрен, юлашки виçĕ çул хушшинче мăйракаллă шултра выльăхсен йышĕ Шăхасан районĕнче 709 пуç таран, Муркаш районĕнче 1.003 пуç таран чакнă.

Колхозсенче мăйракаллă шултра выльăхсен йышĕнче ĕнесен хисепĕ тÿсме çук сахал, вĕсем пурĕ те 30,6 процент кăна йышăнса тăраççĕ.

Çак вăхăт тĕлне пирĕн республикăри колхозсенче ĕнесен хисепĕ планпа палăртнинчен 7.829 ĕне чухлĕ сахалтарах. Ялхуçалăх органĕсем тата партипе совет органĕсем тимсĕр пулнипе, ĕнесене хуçалăх ĕçсем валли салатса пĕтереççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çитес çывăх çулсенче мăйракаллă шултра выльăх фермисенче ĕнесен йышне 50 процента çитерме задача кăларса тăратрĕ. Çак задачăна пирĕн кирек мĕнле пулсан та пурнăçлас пулать. Республикăри колхозсем çамрăк выльăхсене сыхласа хăварнипе кăна çитес виçĕ çул хушшинче ĕнесен хисепне 35 пин пуçран кая мар ÿстерме пултараççĕ.

Колхозсенче ĕнесен хисепне сыхласа хăварас тĕллевпе сысна ĕрчетес ĕçе пур майсемпе те вăйлатса пыни кирлĕ, государствăна аш-какай памалли плана сысна ашĕ парса тултармалла. Сысна ĕрчетес ĕç çине тивĕçлипе лайăх пăхсан, пысăк тупăш илме пулать. Сĕрпÿри селекци станцийĕн тата малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартса парать: пĕр сысна аминчен çулталăк хушшинче 15—20 центнер сысна ашĕ туса илме пулать. Çакăн чухлĕ аш вăл государствăна аш-какай памалли плана тултарма кăна мар, тата сутма та ытлашшипех çителĕклĕ.

Продуктивлă выльăх-чĕрлĕх йышне хăвăрт ÿстерес ĕçре государствăна выльăх-чĕрлĕхе самăртса пани пысăк резерв пулса тăрать. Пирĕн колхозсем халĕхи вăхăтра государствăна аш-какай памалли плана пурнинчен ытла çамрăк тата начар самăртнă выльăхсем панипе тултараççĕ.

Ĕç çине çакăн пек хуçасăрла пăхни государствăна пысăк сиен кÿрет, пирĕн колхозсен экономикăлла никĕсне хавшатать. Çавăнпа та государствăна начар самăртнă выльăхсем пама пăрахас пулать.

Обществăлла продуктивлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарма кансĕрлесе тăракан пысăк чăрмав вăл—государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем гектар тăрăх памалли принципа пăсни пулать. Çакăн пек пăсса ĕçлени пирĕн республикăра та пулнă.

Лайăх ĕçлекен колхозсене выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем пама ÿстерсе заданисем панă, обществăлла выльăх-чĕрлĕхе аталантарассишĕн сахал тăрăшакан колхозсене, тата районсене те, заданисем чакарса панă, çапла вара вĕсене, тĕрĕссипе, çăмăллăхсем парса пынă.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур.

Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тата мĕнпур ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе ертсе пырассине лайăхлатмалла, плана мĕнпур колхозсемпе уйрăм хуçалăхсем тултармалла тăвас пулать.

Докладчик выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕкки çинчен калакан тĕслĕхсем илсе кăтартать. Республикăри колхозсенче кашни ĕнерен вăтам шутпа çакăн чухлĕ сĕт суса илнĕ: 1951 çулта—612 килограмм, 1952 çулта—739 килограмм, 1953 çулхи 9 уйăх хушшинче—705 килограмм сĕт суса илнĕ. Юлашки çулсенче сĕт суса илес ĕçпе ÿсĕн питĕ сахал пулнă, Сĕнтĕрвăрри, Куславкка, Улатăр, Кувакино, Тăвай районĕсенче вăра сĕт суса илесси чакнă.

Выльăхсене çуллахи вăхăтра кĕтÿре сĕретмесĕр лагерьсенче усраса, выльăхсене кĕтÿре сĕретмелли вырăнти участоксемпе усă курса, малта пыракан колхозсем тата селекци станцийĕ ĕнесенчен сĕт нумай суса илеççĕ. Селекци станцийĕ, выльăхсене лагерьсенче усраса тата симĕс конвейерпа усă курса, 1952 çулта кашни ĕнерен 4.100-шер килограмм сĕт суса илнĕ. 1952 çулхи 8 уйăх хушшинче кашни ĕне пуçне 2.297-шер литр сĕт суса илнĕ. Вăрнар районĕнчи колхозсем сăвакан ĕнесене çуллахи вăхăтра курăк çитерниппе кăна кăçалхи 8 уйăх хушшинче, пĕлтĕрхи çав тапхăрпах танлаштарсан, кашни ĕнерен 257-шер литр ытларах сĕт суса илме пултарнă. Çапах та нумай колхозсенче çак ĕçе тивĕçлипе хакламаççĕ. 1953 çулта выльăхсене лагерьте усрас ĕçе 70 колхозра кăна йĕркеленĕ.

Малалла докладчик сурăхсем тата кайăк-кĕшĕк ĕрчетесси çителĕксĕр тăни çинчен калать.

Республикăри колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынин сăлтавĕсенчен пĕри—выльăх-чĕрлĕх валли витесем хартасси акăх пулса пыни пулать. 1953 çулхи сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне илсен, стандартлă витесем мăйракаллă шултра выльăхсен 55,3 процентĕ валли кăна çителĕклĕ, ĕне выльăх валли çĕнĕ витесем лартмалли плана тултарас пулсан та, çуртсем çителĕклĕ пулаймаççĕ. Сысна, сурăх тата кайăк-кĕшĕк витисем пирки те ĕçсем çавнашкалах пулса пыраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕ выльăх-чĕрлĕх валли витесем лартассине татăклăн ал[illegible]тма, мĕнпур выльăх-чĕрлĕхе лайăх витесенче усрамалла тума, фермăсенчи ĕçсене комплекслăн механизацилеме задача лартрĕ. Çав тĕллевпе вырăнта строительство материалĕсем хатĕрлессине вăйлатни, уйăрса панă вăрман участокĕсемпе тĕрĕс усă курни тата выльăх-чĕрлĕх витисем лартмалли плана тултарни кирлĕ.

Выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстерме колхозсенче выльăх-чĕрлĕх валли апат ытла та çителĕксĕр туса илни чăрмантарать. Республикăри чылай колхозсем выльăх апачĕ тумалли культурăсенчен тупăш сахал илеççĕ. Буславкка районĕнчи колхозсем иртнĕ çулта выльăх кăшманĕ кашни гектартан 13,3-шер центнер кăна туса илнĕ пулсан, ку район руководителĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçленĕ теме пулать-и-ха вара? Ку районта выльăх апачĕ енĕпе кăçал та ĕçсем çавăн пекех çителĕксĕр пулса пыраççĕ.

Республикăри малта пыракан колхозсен опычĕ çакăн çинчен калать: пирĕн республика условийĕсенче выльăх апачĕ тумалли культурăсене пысăк тухăçлă туса илме пулать. Çапла, Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз 1952 çулта кашни гектартан 800-шер центнер выльăх кăшманĕ. Советски районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз кăçал 132 гектар çинчен нумай çул ÿсекен курăксем 30-шар центнер ытларах, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз тата Комсомольски районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз силослăх акнă культурăсем кашни гектартан 500-шер центнер туса илнĕ.

Малалла Ахазов юлташ республикăри колхозсенче курăк акса тăвасси юлса пыни çинчен калать.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарасси выльăх апачĕн никĕсне тĕпрен лайăхлатма хушать. Обществăлла пĕтĕм выльăх-чĕрлĕх валли пысăк пахалăхлă апат хатĕрлемелле. Çапла тăвас тесен, выльăх-чĕрлĕх апачĕ тума акакан мĕнпур культурăсен тухăçлăхне татăклăнах ÿстерни, çитес икĕ çул хушшинче кашни гектартан вăтам шутпа: нумай çул ÿсекен курăксем—30—35-шер центнер, пĕр çул ÿсекен курăксем—28—30-шар центнер, тымарçимĕçсем—300—350-шар центнер, силослăх культурăсем — 250—300-шер центнер туса илни кирлĕ.

Пирĕн улăх-çарансене лайăхлатмалли ĕçсене тивĕçлипе туса иртермелле: уйхирсенчи пусă çаврăнăшĕсенче тата выльăх апачĕ туса илмелли пусă çаврăнăшĕсенче нумай çул ÿсекен курăксем акмалли лаптăка анлăлатни, сĕртме уйĕсенче выльăха çитерме симĕс ыраш, çĕрулми, пĕр çул ÿсекен курăксем акни тата турнепс туса илессине анлă сарни кирлĕ; утă-улăм шутĕнче утă çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче 60 процентран кая мар пулмалла тăвас пулать, выльăх-чĕрлĕхсене лагерьсенче пăхса усрассине, ĕнесене симĕс апат парассине анлă сармалла.

Сĕтеклĕ апат—тымарçимĕçсем, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх валли çĕрулми туса илес ĕçре татăклă улшăну тумалла, выльăх-чĕрлĕх культурисене туса илес ĕç çине çиелтен пăхнине пĕтерес пулать. 1954 çулта республикăри колхозсенче силос тумалли культурăсем акнă лаптăкăн çуррине ытла лайăх сортлă кукуруза йышăнмалла, кукуруза выльăх-чĕрлĕхшĕн лайăх сĕтеклĕ апат пулса тăрать. Судан курăкĕ акса тăвассине хăюллăн та анлăн сарса пымалла, ку вăл пысăк тухăçлă апат туса илме май парать тата ăна çуллахи вăхăтра икĕ-виçĕ хут çулма пулать.

Кăçал республикăри нумай колхозсен выльăх-чĕрлĕх валли сĕтеклĕ апат çитмест, çавăнпа та выльăхсене çĕрулми памалла тăвас пулать, çапла майпа кашни колхозăн кашни ĕне пуçне 5 тоннăран кая мар, кашни сысна ами пуçне 6,5 тоннăран кая мар сĕтеклĕ апат пултăр.

Çав вăхăтрах силос башнисем тăвасси çине, выльăх апачĕ туса илес ĕçсене механизацилесси çине тивĕçлипе пăхмалла.

Пирĕн колхозниксен килĕсенчи выльăхсем пирки те тăрăшмалла, колхозниксене хăйсен килĕсенчи выльăхсем валли апат хатĕрлеме пулăшма кирли çинчен те манмалла мар.

Партипе совет организацийĕсен, ялхуçалăх органĕсен вăраха ямасăр пурнăçламалли задачи—выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарассине тĕпренех лайăхлатасси, фермăсенче яланлăха ĕçлеме лайăх кадрсем уйăрса лартасси, обществăлла выльăх-чĕрлĕх шутне, уйрăмах ĕнесен шутне ÿстерме тата вĕсен тухăçлăхне хăпартма кирлĕ мерăсем йышăнасси, çапла вара 1954 çулта палăрмалла çитĕнÿсемех тăвасси пулать.

Малалла Ахазов юлташ çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ÿстересси çинчен тата вĕсене хатĕрлесси çинчен калать. Докладчик колхоз производствин çак отраслĕсене аталантарас ĕçри çитменлĕхсем çинчен, уйрăмах вĕсен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулни çинчен тĕслĕхсем илсе кăтартать. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илекен лаптăк ÿснĕ пулин те, вĕсен тухăçĕ çав-çавах пĕчĕккĕ-ха.

Çав вăхăтрах пирĕн республикăн çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне ÿстерме пысăк майсем пур. Çакăн çинчен кашни гектартан 200—270-шер центнер çĕрулмипе пахча çимĕç туса илекен вуншар колхозсен опычĕ калать.

Çапах та çав майсемпе çителĕксĕр усă курнă, çĕрулмипе пахча çимĕçсенчен пысăк тухăçлăх илес тĕлĕшпе пухнă малта пыракан опыта производствăна çителĕксĕр ĕçе кĕртсе пынă.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне ÿстерес тесен, тет докладчик, чи малтан, вĕсене туса илес ĕçĕн агротехникине лайăхлатни, вĕсене лартас, пăхса ÿстерес тата пухса кĕртес ĕçсене механизацилени кирлĕ. Çав вăхăтрах ку тĕлĕшпе ĕçсем çителĕксĕр пулса пыраççĕ. Республикăри нумай колхозсенче çĕрулмие ытла та кая юлса, удобренисемпе çемçетмен çĕр çине лартаççĕ тата лартмалли нормăна чакараççĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕçсен рет хушшисене кăпкалатас ĕçе япăх организациленĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине питĕ çителĕксĕр механизациленĕ.

Çĕрулмие халĕхи пек лартнă чухне ăна туса илес ĕçе механизацилесси çинчен шухăшламалли те çук. Пирĕн çĕрулмине кинĕ меслетпе лартма пăрахмалла, тăваткал тĕмĕн лартма тытăнмалла.

Тăваткал тĕмĕн лартмалли меслетпе алпа лартса та республикăри колхозсем çĕрулми тухăçлăхне чылай ÿстерчĕç. Çапла, Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозра тăваткал тĕмĕн лартнă лаптăк çинче кашни гектартан, яланхи пек лартнă вырăнсенчипе танлаштарсан, 108-шар центнер ытларах çĕрулми туса илнĕ. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «День урожая», Андреев ячĕпе тăракан колхозсенче, тăваткал тĕмĕн лартса, çĕрулми туса илессине пĕр хут çурă ÿстернĕ. Анчах та парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен руководителĕсем çак меслетĕн лайăх енĕсем çинчен ĕçсынисене ăнлантарса памаççĕ, çав меслете ĕçе кĕртессишĕн çине тăрса тăрăшмаççĕ.

Пирĕн çак ĕç çине государство хушнă пек пăхмалла, тăваткал тĕмĕн лартмалли меслетпе пур çĕрте те усă курмалла. 1954 çулхи çуркунне республикăри колхозсен çак меслетпе 13.000 гектар çĕрулми е пĕтĕм лаптăкăн 37,1 процентне, пахча çимĕç культурисем—1.400 гектар е 35 процент лартмалла. Тăваткал тĕмĕн лартма пирĕн халĕ машинăсем сахал-ха, çавăнпа та тăваткал тĕмĕн лартнă чухне культиваторсемпе, плугсемпе усă курмалла.

Малалла докладчик çĕрулми вăрлăхĕ хатĕрлесси çинчен калать. Çĕрулми вăрлăхне кая юлса хываççĕ. Ахазов юлташ çĕрулми вăрлăхне вăхăтра хывма кирлине, кашни гектар пуçне 25-шер центнертан кая мар хывса хăварма кирлине палăртать.

Çĕрулми туса илессине ÿстерессе, тет малалла докладчик, ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе тĕп задачăсенчен пĕри пулса тăчĕ. Çакна шута илсе, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ пирĕн республикăри колхозсене кашни гектартан çакăн чухлĕ тухăçлăх илме задани пачĕç: çĕрулми—150 центнер, купăста—170 центнер, хăяр—120 центнер, помидор—110 центнер, сухан—95 центнер, кишĕр—130 центнер тата хĕрлĕ кăшман—140 центнер.

Ялхуçалăх, партипе совет органĕсен руководителĕсем çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç вырăнне хурса хакласан, эпир çак заданине тултарма тата иртерсе тултарма пултаратпăр.

Малалла докладчик пахча çимĕç туса илесси çинчен калать. Вăл пахча çимĕç туса илмелли лаптăксене тĕрĕс мар планланине, вĕсене туса илме пур колхозсене те заданисем панине палăртать. Пайлах ĕнтĕ, пахча çимĕç культурисене çавăн пек пĕчĕк участоксем çинче акса туни лайăх результатсем пама пултараймасть. Пахча çимĕç акса тăвас ĕçе мĕнле планланинчен вĕсен тухăçлăхĕ мĕнле пулассикилет.

Пахча çимĕç тухăçлăхне ÿстермелли чи паха майсенчен пĕри калчасене торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсенче ÿстерни пулать.

Çак паха ĕçе анлă сарас пулать. Çак майпа калча ÿстерес ĕçе чи малтан хуласем çывăхĕнчи колхозсенче анлă сармалла.

Республикăри колхозсенче парниксемпе теплицăсен хуçалăхĕ япăхнă. Парниксемпе теплицăсем хывмалли тата çĕнĕрен тумалли план çултан-çул пурнăçланса пыраймасть. Пахча çимĕç тăвас ĕçе вăйлатма пирĕн лайăх парниксемпе теплицăсем тумалла.

Çитес 2—3 çул хушшинче çĕрулмипе пахча çимĕç тăвас ĕçе анлă сармалла. Çĕрулмипе пахча çимĕç халăх ыйтăвĕсене тивĕçтермелĕх, çавăн пекех тата вĕсенчен тĕрлĕ çимĕçсем тăвакан промышленноçăн ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕçтермелĕх туса хатĕрлемелле. Çавăнпа пĕрлех выльăх апачĕсем те çĕрулми нумай туса хатĕрлеме тытăнмалла.

Облаçри парторганизацин тĕштырăсемпе техникăлла культурăсен тухăçлăхне ÿстерес ĕçри задачисем çинчен докладчик тĕплĕн калаçа парать. Пирĕн республикăри нумай колхозсем тĕштырă тăвас енĕпе çитĕнÿсем чылай тунă. Çапла, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз тулă кашни çулах 30 центнер тата ытларах та туса илнĕ. Ку колхоз лайăх ĕçленине Хрущев юлташăн докладĕнче те палăртнă. Ытти колхозсенчен те нумайăшĕ çултан-çул пысăк тухăçлă тĕштырă тата пăрса йышши культурăсем ÿстереççĕ.

Анчах республикăра, пĕтĕмĕшпе илсен, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ çаплах пĕчĕк-ха. Октябрьски, Сĕнтĕрвăрри, Хĕрлĕ Чутай, Тăвай тата Кувакино районĕсенчи колхозсенче тырпул тухăçлăхĕ ытла та пĕчĕк. Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ пĕчĕк пулнин тĕп сăлтавĕ — машина-трактор станцийĕсемпе колхозсем çĕр ĕçсене тĕплĕн туманнинче. Ялхуçалăх органĕсенчен, МТС директорĕсемпе колхоз председателĕсенчен нумайăшĕ агротехникăна пурнăçласа пырас ĕç çине çиелтен пăхаççĕ.

Икĕ районти колхозсене танлаштарса кăтартса, Ахазов юлташ колхозсенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерме мĕн тери пысăк резервсем пуррине, çĕр ĕçне лайăх туса пыман пирки колхозсем мĕн чухлĕ усă илеймесĕр юлнине палăртать. Вăрнарпа Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи колхозсен çĕрĕсем те, çанталăк условийĕсем те пĕр пекех. Анчах вĕсен ялхуçалăх продукчĕсем туса илес ĕçĕн результачĕсем начах ăрасна. 1952 çулта Вăрнар районĕнчи колхозсем, вĕсене пурне те пĕрле илсен, тĕштырăпа пăрса йышши культурăсене кашни гектартан 10,33 центнер пухса кĕртнĕ, çав çул Хĕрлĕ Чутай районĕнчи колхозсем тĕштырă кашни гектартан 6,67 центнер, уйăхла каласан, 3,66 центнер сахалтарах туса илнĕ.

Хĕрлĕ Чутай районĕнчи колхозсенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ пĕчĕк пулнин сăлтавĕ — агротехникăна начар пурнăçласа пынинче. Ку районти колхозсенче 1952 çулта тĕштырăна чылай пысăк лаптăк çине сурпуне сухаласа тата нумай кая юлса акса хăварнă. Районти колхозсенче 1952 çулта сухаламалли кашни гектар çине тислĕк 1,7 тонна тата минераллă удобренисем 5 килограмм çеç тăкнă.

Ахазов юлташ йĕтĕнпе кантăр акса тăвассине аталантарас ĕçри пысăк çитменлĕхсем çинчен калаçа парать. 1953 çулта йĕтĕнпе кантăр акнă çĕр лаптăкĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут пысăкрах пулнă. Çапах та вĕсене акнă çĕр лаптăкĕн удельнăй виçи халĕ те пĕчĕк-ха. Республикăри малта пыракан колхозсен опычĕнчен пирĕн патăмăрта техникăлла культурăсене анăçлă ÿстерме лайăх условисем пурри курăнать, анчах нумай колхозсенче çак ĕçе хакламаççĕ. Кÿршĕллĕ колхозсенчех, техникăлла культурăсене ÿстермелли условисем пĕр пек пулнă çĕртех, йĕтĕнпе кантăр тухăçлăхĕ ăрасна пулать. Тĕслĕхе Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозпа Горький ячĕпе тăракан колхоза илер. 1952 çулта Жданов ячĕпе тăракан колхоз йĕтĕн 28 гектар çине акнă, Горький ячĕпе тăракан колхоз 15 гектар çине акнă. Жданов ячĕпе тăракан колхоз государствăна йĕтĕн продукцийĕ кашни гектар пуçне, вăтам шутпа, 206 тенкĕлĕх, Горький ячĕпе тăракан колхоз кашни гектар пуçне—7.333 тенкĕлĕх панă.

Е тата тепĕр тĕслĕх илер. 1952 çулта Кувакино районĕнчи колхозсем 553 гектар çинче акса тунă йĕтĕн сÿсĕпе вăрлăхне государствăна панăшăн 171,4 пин тенкĕ, урăхла каласан, кашни гектар пуçне 331 тенкĕ тупăш илнĕ; çав вăхăтрах Улатăр районĕнчи «Победа Октября» колхоз 30 гектар çинчен 247 пин тенкĕ е кашни гектартан 8.230 тенкĕ тупăш илнĕ.

Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозпа тата Кувакино районĕнче йĕтĕн тухăçлăхĕ пĕчĕк пулни çак техникăлла паха культурăсене акса тăвас ĕçе хакламаннинчен килнĕ. Кунта йĕтĕне вăхăтра пухса кĕртмеççĕ. Çавăн пирки йĕтĕн продукцийĕ нумай тăккаланса пĕтет.

Йĕтĕн акса тăвакан районсенчи колхозсем валли правительство хавхалантармалли условисем туса панă: тĕштырă тата техникăлла культурăсем тĕлĕшпе государствăна обязательнăй йĕркепе тĕштырă памалли нормăсене, МТС ĕçленĕшĕн натуропла тÿлемелли ставкăсене чакарнă. Кунсăр пуçне, çавăн йышши чĕртаварсене парсан тата сутсан, вĕсемшĕн тÿлемелли хаксене ÿстернĕ. Анчах нумай колхозсем, уйрăмах Кувакино, Пăрачкав тата Çĕмĕрле районĕсенчи колхозсем çав çăмăллăхсене илме кирлĕ пек ĕçлемеççĕ.

Хуçалăхăн çак паха отраслĕне аталантарма питĕ хытă тăрăшмалла, ăна пысăк тупăшлă отрасль туса хумалла.

Сĕр ĕçĕнчи тĕп задача ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстересси пулать. Çав задачăна пурнăçлама çĕрĕс культурине ÿстерессишĕн питех те тимлĕн тăрăшса ĕçлемелле. Тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсем туса, вĕсене пурнăçа кĕртсе пыма хăшпĕр колхозсенче нумай çул ÿсекен курăксен вăрлăхĕсене туса хатĕрлесси япăх пулса пыни чăрмантарать. Çавна шута илсе, вăрлăхлăх хăварнă нумай çул ÿсекен курăксене халех çапса, шĕвĕтсе пĕтермелле. 1954 çулта пирĕн республикăри кашни колхозăн хăй туса хатĕрленĕ курăк вăрлăхĕ, паха вăрлăх пулмалла тăвас пулать.

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ мĕншĕн пĕчĕккĕ пулни çинчен каласа, Ахазов юлташ пленум членĕсене уйрăмах çакăн çинчен асăрхаттарать: тырăсене чи лайăх срокра, сĕртме сухине тата кĕрхи сĕртме сухине лайăх сухаласа кăпкалатнă тăпрасем çине акса хăвармалла, кашни колхозăн хăйне валли вăрлăх хăйĕннех çителĕклĕ туса хатĕрлемелле, тислĕке пĕтĕмпех уй-хире кăлармалла, минераллă удобренисем тăкмалла, уй-хире çемçетме компостсемпе, тислĕкпе минераллă удобренисене хутăштарнă хутăшсемпе анлăн усă курмалла, йÿçек тăпрасене известь сапса лайăхлатмалла.

Агротехникăлла пур ĕçсене те туса пымасăр, çĕрĕç культурине ÿстермесĕр, эпир ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерессине пурнăçа кĕртме пултараймăпăр.

Машина-трактор станцийĕсен ĕçĕсене лайăхлатас ыйту çине куçса, Ахазов юлташ ялхуçалăхне малалла вăйлатса пырас ĕçре МТС-сем пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртать. Халĕхи вăхăтра пирĕн республикăри МТС-сенче 3.650 трактор (15 лаша вăйлисем çине куçарса шутласан), 924 комбайн тата ытти йышши çĕнĕ машинăсем пур.

Анчах МТС директорĕсемпе парторганизацисем нумайăшĕ халĕ МТС-сем умĕнче тăракан тĕп задачăна пурнăçлассишĕн кирлĕ пек кĕрешмеççĕ, вĕсем пуринчен ытларах хисеп енĕпе нумайрах ĕç тума (пур ĕçсене те суха ĕçĕ çине куçарса шутланипе) тăрăшаççĕ. Республикăри МТС-сенчен нумайăшĕ агротехникăна пăсаççĕ, ĕçсене вăраха яраççĕ, çĕре начар сухалаççĕ. Иртнĕ çулта ĕç планĕсене мĕнпур показательсем тĕлĕшĕнчен, палăртса панă срокăсенче пĕр МТС та тултармарĕ. МТС-сем пропашной культурăсен рет хушшинчи ĕçсене тăвас, утă çулас, выльăх апачĕсем силос хатĕрлес, тĕштырăсене тата вăрлăхлăх курăксене пухса кĕртес, кĕрхи сĕртме тата хура сĕртме тăвас, уй-хире тислĕк кăларас енĕпе уйрăмах начар ĕçлерĕç. Иртнĕ çулта МТС-сем 826 колхозра ĕçлерĕç, вĕсенчен тĕштырă культурисен тухăçлăхне ÿстермелли плана 7 колхоз, техникăлла тĕп культурăсен тухăçлăхне ÿстермелли плана 13 колхоз çеç пурнăçланă. Çак фактран МТС руководителĕсен тивĕçлĕ вывод тăвас пулать.

Тракторсене ĕçлеттермесĕр тăратни нумай пулнă. 1952 çулта трактористсенчен 55 проценчĕ сменăри ĕç нормисене тултарса пырайман. Тракторсемпе ĕçлессине уйрăмах Сĕнтĕрвăрри, Етĕрне, Куславкка, Вăрмар тата ытти хăшпĕр машина-трактор станцийĕсенче начар организациленĕ.

Машинăсемпе çителĕксĕр ĕçлени сăлтавĕсенчен пĕри вăл МТС-сенче механизаторсен квалификациллĕ кадрĕсем çитменни пулса тăрать.

Задача çакăн пек: КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕпе килĕшÿллĕн пур МТС-сенче те яланах ĕçлекен квалификациллĕ кадрсем пухса çитермелле. Паянхи куна республикăри механизаторсенчен, ĕлĕк МТС-сенче ĕçлеме пăрахнă механизаторсенчен 661 çын машина-трактор станцийĕнче ĕçлеме каялла куçарма ыйтса заявлени пачĕç, вĕсенчен 101 çын çĕнĕ ĕçре ĕçлеме тытăнчĕç те ĕнтĕ.

МТС-сен ертсе пыракан кадрĕсене суйласа илсе уйăрса лартасси çинчен те калаçа хăвармалла. Нумай МТС-сенче главнăй инженерсемпе мастерскойсен заведующийĕсен должноçĕсенче сахал вĕреннĕ çынсем лараççĕ. Пирĕн МТС директорĕсем хушшинче те теори тĕлĕшĕнчен хатĕрленсе çитмен çынсем пур. Ĕç çапла тăнине йĕркеллĕ теме çук. Пирĕн хăшпĕр МТС-сене ертсе пыракан кадрсемпе, уйрăмах инженерсемпе тата техниксемпе çирĕплетмелле, çавăн чухне вĕсем мĕн чухлĕ вĕреннине, унăн ĕçри опытне, нимĕнрен малтан ĕç результачĕсене шута илмелле.

Пленум МТС-сенче производствăпа техника базисем тума палăртрĕ. Мастерскойсем, машина сарайĕсем, общежитисем тата ыттисене те тума укçа-тенкĕ нумай панă. Халĕ ĕнтĕ производствăпа техника базисем тăвасси тата МТС работникĕсен культурăпа пăла условийĕсене лайăхлатасси пирĕнтен хамăртан, çав ĕçсене тума панă укçапа мĕнле усă курнинчен килет. Капитальнăй строительство валли панă укçапа халичен начар усă курнă.

Республикăн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствипе унăн строительство управленийĕ МТС-сенче строительство ĕçĕсене хăвăртлатас тĕлĕшпе начар ĕçлеççĕ, районсен руководителĕсем ку енĕпе пачах ĕçлемеççĕ, ăна МТС директорĕсем тумалла тесе шутлаççĕ. Çакăн пек шутлани тĕрĕс мар. МТС-сенчи строительство эпир пурте хутшăнмалли ĕç пулса тăрать.

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

# КПСС ЧӐВАШ ОБКОМӖН VII-мӗш ПЛЕНУМӖ

## КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗн итогӗсем ҫинчен тата республика ялхуҫалӑхне малалла аталантарас тӗлӗшпе облаҫри парти организацийӗ умӗнче тӑракан задачӑсем ҫинчен

### *КПСС Чӑваш обкомӗн секретарӗ Т. А. Ахазов юлташ тунӑ докладран*

(Юлашки).

МТС-сен ӗҫне лайӑхлатассинче вӗсене материалсемпе техника парса тӑнин пӗлтерӗшӗ пысӑк. Анчах снабжени организацийӗсем халӗ ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ-ха. «Главмашсбыт» кантурӗ темиҫе ҫул хушши ӗнтӗ республикӑна машинӑсен нумай пайӗсене правительство уйӑрса панӑ хисеп чухлӗ кӳрсе килмест, поршеньсен пайӗсем ҫук пирки хальхи вӑхӑтра гусеницӑллӑ тракторсенчен чылайӑшӗ хӗрхи ӗҫсенче тунӑ ҫӗрте ӗҫлемест.

Снабжени организацийӗсен ӗҫне КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ хушнӑ пек урӑхлатса ҫӗнетес пулать.

Парти органӗсен машина-трактор станцийӗсене ертсе пырас ӗҫе лайӑхлатмалла, МТС-сен колхозсене организаципе хуҫалӑх тӗлӗшӗнчен тӗреклетессишӗн, ялхуҫалӑхне малалла вӑйлатса пырассишӗн кӗрешес ӗҫри пӗлтерӗшне ӳстермелле.

Ялхуҫалӑх енӗпе партиӑ ҫӗнӗ пысӑк задачӑсене пурнӑҫлама партипе совет тата ялхуҫалӑх органӗсен колхозсене, МТС-сене тата совхозсене ертсе пырас ӗҫе татӑклӑнах лайӑхлатмалла. Партин Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн постановленийӗ хушнӑ тӑрӑх, пирӗн ялхуҫалӑх органӗсен, партипе совет органӗсен ӗҫсене конкретлӑ та оперативлӑ ертсе пымалла. Ҫапла ертсе пырассине кулленхи организациллӗ ӗҫпе тачӑ ҫыхӑнтармалла. Ертсе пыракан работниксемпе специалистсен колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче пулса, вӗсен ӗҫӗсене организацилемелле.

Пирӗн колхозсене агрономсемпе зоотехниксен квалификациллӗ пулӑшу памалла. Ялхуҫалӑх специалисчӗсене колхозсенче тата совхозсенче ӗҫлеме, тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерес ӗҫӗн тата выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫӗн ӑнӑҫлӑхне татса панӑ ҫӗрте ӗҫлеме ямалла, унта вӗсем ытларах усӑ пама пултараҫҫӗ.

Партин Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн постановленийӗ тӑрӑх, пирӗн хамӑр республикӑри ялхуҫалӑх органӗсенче, ҫавӑн пекех ытти организацисенче ӗҫлекенсенчен кашни колхоз валли специалист суйласа илмелле. Лайӑхрах хатӗрленнӗ тата опытлӑрах специалистсене кая юлнӑ колхозсене ярас пулать.

Юлашки виҫӗ ҫул хушшинче колхозсенчи ертсе пыракан кадрсен йышне лайӑхлатас тӗлӗшпе республикӑра хӑшпӗр ӗҫсем туса ирттернӗ. Ялхуҫалӑх специалисчӗсем 99 ҫын колхоз председателӗсем пулса ӗҫлеҫҫӗ.

Ҫакӑн пек задача тӑрать: колхоз председателӗсен составне ҫирӗплетмелле. Колхоз председателӗсем пулса ӗҫлеме ялхуҫалӑхӗнчи чи лайӑх специалистсене, ҫавӑн пекех практиксене, колхозӑн шутра хуҫалӑхне ертсе пыма пултаракансене, лартмалла. Колхозсене ертсе пырас ӗҫе республикӑри хуласенчен коммунистсем яни кирлӗ.

Колхоз председателӗсен составне ҫирӗплетнипе пӗрлех вӗсене воспитани парас ӗҫе лайӑхлатмалла.

Ҫавнашкалах производство бригадисен бригадирӗсене, ферма заведующийӗсене суйласа илес тата воспитани парас ӗҫ ҫине тимлӗн пӑхни кирлӗ.

Наука ҫитӗнӗвӗсемпе малта пыракан опыта пропагандӑлас тата вӗсене колхоз производствине кӗртсе пырас ӗҫ япӑх пулнине палӑртса, Ахазов юлташ ҫакна кӑтартса парать: республикӑри ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви, вырӑнти партипе совет органӗсем нумайӑшӗ ҫав питех те кирлӗ ӗҫе пӗтӗмпех ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗнчи работниксен пӗчӗк ушкӑнӗ ҫине йӑвантарнӑ, хӑйсем вара малта пыракансен опытне тӑтӑшах тӗпчесе вӗренессине, пӗтӗҫтерессине тата мӗнпур колхозсемпе МТС-сен ӗҫӗнче пурнӑҫа кӗртсе пырассине йӗркелемен.

Республикӑри «Советская Чувашия», «Коммунизм ялавӗ», «Ҫамрӑк коммунист» хаҫачӗсем, районти хаҫатсем, ҫавӑн пекех радио ялхуҫалӑхӗнчи малта пыракансен опытне ҫителӗксӗр пропагандӑлаҫҫӗ. Хаҫатсенче тухакан статьясенче, ҫавӑн пекех Чӑвашгиз кӑларакан кӗнекесенче малта пыракансен опытне час-часах тӗрӗс пӗтӗҫтерсе кӑтартмаҫҫӗ, фактсем ҫинчен ҫиелтен ҫыраҫҫӗ. Ҫак ыйту тӗлӗшпе КПСС область комитечӗ тата, чи малтанах, унӑн ялхуҫалӑх пайӗ те айӑплӑ.

Хрущев юлташ ҫапла кӑтартса парать: «Ялхуҫалӑхне ертсе пырас тесен, нимрен ытларах малта пыракан опыта тӗпчесе вӗренмелле, пӗтӗҫтермелле тата малта пыракан опытпа наука ҫитӗнӗвӗсене сарса ымалла. Агрономилле пропаганда СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствин, СССР Совхозсен министерствин тата вӗсен вырӑнти органӗсен пӗтӗм ӗҫӗн чи паха, ним уйӑрми пайӗ пулса тӑмалла ӗнтӗ... Партипе совет организацийӗсене ертсе пыракансен малта пыракан опыта сарасси ҫинчен докладсем тунипе кӑна ҫырлахмалла мар, вӗсен пуринчен ытла ҫав опыта хӑйсен вӗренмелле, ӑна пур колхозсемпе совхозсенче те ӗҫе кӗртсе пыракан активлӑ организаторсем пулмалла».

Ҫакӑнтан пирӗн, ертсе пыракан работниксен, чи малтан хамӑра валли вывод сем тӑвас пулать.

Докладчик малалла колхозсенчи агрозоотехникӑна вӗренмелли виҫӗ ҫуллӑх курсесен ӗҫне лайӑхлатма, ялхуҫалӑх ыйтӑвӗсемпе ирттерекен лекцисене пропагандӑна вӑйлатма кирлине, наука ҫитӗнӗвӗсемпе малта пыракан опыта пропагандӑлас тата вӗсене производствӑна кӗртсе пырас тӗлӗшпе Чӑваш ялхуҫалӑх институчӗпе Государство селекци станцийӗн ӗҫне лайӑхлатма кирлине кӑтартса парать.

Партилле-политикӑлла ӗҫе вӑйлатас ыйтусем ҫине куҫса, Ахазов юлташ ҫакна палӑртать: КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьте пулнӑ Пленумӗ лартнӑ задачӑсене пурнӑҫлама ялти политикӑлла тата организаторла ӗҫӗн шайне ҫӗклемелле, коммунистсен, комсомолецсен, мӗнпур колхозниксен, МТС-семпе совхозсен работникӗсен творчествӑлла активлӑхне мобилизацилемелле, социализмла ялхуҫалӑхӗн мӗнпур вӑйӗсемпе тата майӗсемпе усӑ курмалла, кашни колхозра, МТС-ра, совхозра, кашни районта ӗҫ мӗнле пынишӗн пирӗн кадрсен ответлӑхне ӳстермелле.

Парти райкомӗсем умӗнче ҫакӑн пек задача тӑрать: халӑх хушшинче массӑлла ӑнлантару ӗҫне ытларах вӑйлатмалла, КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн постановленине кашни колхозника, МТС-семпе совхозсен кашни работникне ӑнлантарса памалла. Агитациллӗ-массӑлла ӗҫе тӑтӑшах туса пымалла, политикӑлла агитаци ӗҫне халӑхӑн мӗнпур сийӗсем хушшинче ирттермелле.

Партилле-политикӑлла ӗҫе колхозсен, МТС-сен, совхозсен хуҫалӑхӗнчи практикӑлла задачӑсемпе тачӑ ҫыхӑнтарни кирлӗ. КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановление ӑнлантарса парса, пирӗн ялхуҫалӑхне вӑйлатассишӗн, кӑҫалхи ялхуҫалӑх ӗҫӗсене вӑхӑтра тӗлӗшпе чылай районсем юлса пынине хӑвӑртрах пӗтерессишӗн колхозниксен, МТС-семпе совхозсен работникӗсен политикӑлла активлӑхне, ӗҫри хастарлӑхне тата ытларах вӑйлатмалла.

Райкомсен тата колхозсенчи парторганизацисен ялхуҫалӑх артелӗн Уставне ҫирӗп пурнӑҫлассишӗн, обществӑлла интерессемпе колхозниксен харпӑр хӑй интересӗсене тӗрӗс ҫыхӑнтарассишӗн, колхозниксен харпӑр хӑй интересӗсене обществӑлла интерессене пӑхӑнтармалла тӑвассишӗн, колхозсенче ӗҫ дисциплинине ҫирӗплетессишӗн кӗрешмелле.

Колхозсенче, МТС-сенче, совхозсенче социализмла ӑмӑртӑва ертсе пырасси ҫине куллен тимлӗ пӑхмалла. Кӑҫал суркунне колхозсем, бригадӑсем, ферма работникӗсем пурте тырпул тата выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе конкретлӑ социализмла обязательствӑсем илчӗҫ, анчах та нумай ҫӗрте ҫав обязательствӑсем ҫинчен манса кайнӑ. Ҫак ҫитменлӗхсене пӗтермелле, ӑмӑрту ӗҫре ҫитӗнӳ тума пулӑштӑр тесе тӑрӑшмалла.

Парти организацийӗсен пите кирлӗ задачисенчен пӗри вӑл комсомол организацийӗсене ертсе пырассине вӑйлатасси пулать, мӗншӗн тесен комсомол организацийӗсем колхозсенче ҫамрӑксене политикӑлла воспитани парас ӗҫре те, колхоз производствинче те пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ.

Колхозсемпе МТС-сене конкретлӑ ӗҫе пӗлсе ертсе пырас тесен, парти работникӗсен агрономи наукин минимумӗ чухлӗ те пулин пӗлӳ пулмалла, чи малтанах, колхоз производствинчи малта пыракан опыта пӗлмелле.

КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ялӑ вырӑнсенчи райкомсен структурине улӑштарма йышӑнчӗ. Ҫак улшӑнӑвӑн тӗллевӗ — ялти обществӑлла-политикӑлла ӗҫри тата колхозсемпе МТС-сене ертсе пырас ӗҫри обезличкӑна пӗтересси, уйрӑм колхозпа МТС-шӑн кашни работникӑн ответлӑхне ӳстересси.

Партилле ӗҫе урӑхлатса ҫӗнетни, райкомсен структурине улӑштарни парти работникӗсене пуҫламӑш парторганизацисене ертсе пырассине малалла лайӑхлатма, парторганизаци секретарӗсене пысӑкрах пулӑшу пама, партипе правительство директивисене пурнӑҫлас тӗлӗшпе тӳррӗнех производствӑра, массӑсем хушшинче куллен организаторла ӗҫ туса ирттерме хушать.

Сентябрьти Пленум лартнӑ задачӑсем ҫавӑн пекех пирӗн ертсе пыракан кадрсене тата мӗнпур коммунистсене марксизм-ленинизм никӗсӗсене вӗренес, политикӑлла пӗлӗве ӳстерес тӗлӗшпе ялан ӗҫлеме хушаҫҫӗ.

Мӗнпур парторганизацисенче пухусене вӑхӑтра ирттермелле, политикӑлла-хуҫалӑхла пысӑк ыйтусене пурне те сӳтсе ямалла, критикӑна самокритикӑна анлӑн сармалла, хушнӑ ӗҫшӗн руководительсен тата кашни коммунистӑн ответлӑхне ӳстермелле.

Юлташсем! КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановление пурнӑҫласси пирӗн ҫӗршывра ялхуҫалӑх продукчӗсем нумай пулмалла тӑвас ӗҫре питех те пысӑк задача пулса тӑрать. Иккӗленмелли ҫук, пирӗн республикӑри коммунистсем, колхозниксем, МТС-семпе совхозсенчи работниксем КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ йышӑннӑ постановление пурнӑҫлама пӗтӗм вӑй-хална тытӑнӗҫ, ҫитес ик-виҫӗ ҫул хушшинче республикӑри ялхуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене чылай вӑйлатӗҫ.

## Пленумра пулнисем тухса калани

Пленумра тухса калакансем КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗн решенийӗсене Чӑваш республикинчи ӗҫчинӗсем, пӗтӗм совет халӑхӗ пекех, пысӑк хавхаланупа кӗтсе илнине палӑртрӗҫ. Ялхуҫалӑхӗн пур отраслӗсене те малалла аталантармалли анлӑ программӑна палӑртса панӑ ҫак историллӗ постановление ӑнлантарса парас тӗлӗшпе парти организацийӗсем массӑлла-политикӑлла ӗҫе анлӑн сарса пыраҫҫӗ. Ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем мӗнпур ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерес, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышне нумайлатас тата унӑн тухӑҫлӑхне пысӑклатас тӗлӗшпе социализмла конкретлӑ обязательствӑсем илеҫҫӗ.

КПСС Первомайски райкомӗн секретарӗ Кураков юлташ ҫакна палӑртрӗ: иртнӗ ҫулхипе танлаштарсан, районта ялхуҫалӑх ӗҫӗсем чылай йӗркеллӗрех пулса пыраҫҫӗ. Анчах та районти колхозсене ертсе пырас ӗҫре пысӑк ҫитменлӗхсем пур-ха. Колхозсем пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илеймеҫҫӗ. Ҫӗрӗҫ культурине ӳстерессишӗн кӗрешӳ ҫителӗксӗр пырать. Ялхуҫалӑх производствинче МТС-ӑн пуян техникипе питех те ҫителӗксӗр усӑ кураҫҫӗ. Пӗр пек условисенчех механизаторсенчен пӗрисем питӗ лайӑх, теприсем питӗ начар ӗҫлеҫҫӗ. Хальхи вӑхӑтра парти райкомӗ трактор бригадисем валли квалификациллӗ кадрсем туса ҫитерес тӗлӗшпе ӗҫлет. МТС-ра ӗҫлеме каялла таврӑнма 57 механизатор кӑмӑл тунӑ. Вӗсенчен 46 ҫынна трактористсен курсне янӑ. 23 колхозран 21 колхоза ялхуҫалӑх специалисчӗсем пӗрер ҫын янӑ. Ҫаксем пурте ҫӗрӗҫ культурине ӳстерме пулӑшӗҫ.

Кураков юлташ ҫакна кӑтартса парать: районти колхозсенчен нумайӑшӗнче агромелиораци ӗҫӗсене туса ирттерес пулать. Ун ҫинчен парти обкомӗ умне пӗр хут кӑна мар ыйту лартнӑ. Анчах ку тӗлӗшпе района ҫак таранчченех пулӑшу паман-ха Иртнӗ кӗркунне райисполкомӑн ялхуҫалӑх пайне урӑхлатса йӗркеленӗ чухне те Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви унӑн штатӗнче агромелиоратор тытма палӑртман. Чылай колхозсенче, вӑрмансемпе вӗтлӗхсене кӑкласа, ҫав ҫӗрсемпе усӑ курма тытӑнмалла. Анчах республикӑри Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви ҫав ыйтусене татса памасть тата йывӑҫ-кӑкламалли машинӑсем кӳрсе килмест. Колхозсене фермӑсенчи ӗҫ вӑйӗ нумай ыйтакан ӗҫсене механизацилес тӗлӗшпе пулӑшни кирлӗ. Района заводсенче тунӑ кормозапарниксем сахал уйӑрса параҫҫӗ.

Оратор республикӑра тухса тӑракан «Советская Чувашия» тата «Коммунизм ялавӗ» хаҫатсене вӗсем хӑшпӗр чухне вырӑнсенче ӗҫ мӗнле пынине тӗрӗс мар ҫутатнӑшӑн критиклет.

Малалла Етӗрне районӗнчи Буденный ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Юхтанов юлташ тухса калать.

— Парти Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ решени,— тет вӑл,— колхоз хресченӗсене ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума хавхалантарчӗ. Пирӗн артелӗн членӗсем ҫак решение тӗплӗн вӗренчӗҫ тата ӑна пурнӑҫа кӗртес тӗлӗшпе практикӑлла ӗҫсем палӑртса хучӗҫ.

Юхтанов юлташ техникӑлла культурӑсем акса тунӑ опыт ҫинчен каласа парать. Кӑҫал колхоз 20 гектар ҫинчен кашни гектар пуҫне йӗтӗн вӑрри 8,2 центнер, йӗтӗн сӳсӗ 5 центнера яхӑн пухса кӗртнӗ.

Оратор ҫӗрулми пухса кӗртес ӗҫе хӑвӑртрах механизацилеме кирлине кӑтартса парать. Уй-хирсенче ҫӗрулми кӑлармалли машинӑсем тата плугсем питӗ сайра курма пулать, тет вӑл. Ҫӗрулмине, пур ҫӗрте те тенӗ пекех, йывӑҫ тата тимӗр кӗреҫесемпе кӑлараҫҫӗ. Пӗлтӗр ҫӗрулмине пухса кӗртеймесӗр нумай хӑварчӗҫ. Анчах та ҫакӑ урок пулса тӑман-ха. Кустарщинӑна йӑлтах тӗп тумалла, ҫӗрулми пухса кӗртмелли машинӑсем нумайрах туянмалла.

Юхтанов юлташ колхозсене строительствӑра кирлӗ таварсем, уйрӑммӑн илсен, сортлӑ тимӗр парса тӑрассине лайӑхлатма кирли ҫинчен калать.

Республикӑри ертсе пыракан работниксен колхозсенче ытларах пулмалла, вӗсен пурнӑҫне лайӑхрах тӗпчесе пӗлмелле, тесе кӑтартса парать вӑл.

— Эпир, ялхуҫалӑх работникӗсем,— тет Юхтанов юлташ юлашкинчен,— сентябрьти Пленум постановленине пурнӑҫа кӗртессишӗн пӗтӗм вӑйа хурса ӗҫлӗпӗр.

КПСС Тӑвай райкомӗн секретарӗ Иванов юлташ КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановлени районта политикӑлла тата производствӑлла пысӑк ҫӗкленӳ пуҫарса яни ҫинчен каласа пачӗ. Нумай механизаторсем каллех МТС-ра ӗҫлеме таврӑнма килӗшнӗ. Халӗ МТС-ра, тӗпрен илсен, кадрсем ҫителӗклӗ.

Районта, пӗтӗмӗшпе илсен, ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхӗ пысӑк мар-ха. Выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗ. МТС хӑйӗн умӗнче тӑракан задачӑсене пурнӑҫласа пыраймасть. Ҫавӑнпа та ялхуҫалӑхне вӑйлатас тӗлӗшпе палӑртнӑ ӗҫсем районӑн питӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ.

Иванов юлташ ҫакна палӑртать: ялхуҫалӑх специалисчӗсем нумайӑшӗ, уйрӑммӑн илсен, Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствинчисем, канцелярисене кӑна лараҫҫӗ. Халӗ те министерствӑри работниксем сахалӑшӗ ҫеҫ производствӑна кайма кӑмӑл тунӑ. Парти обкомӗ вӗсем хушшинче тивӗҫлӗ ӗҫсем туса ирттермен пулмалла,— тет оратор. Шупашкар, Канашпа Улатӑр хулисенчи парторганизацисем специалистсене республикӑри колхозсемпе МТС-сене ӗҫлеме ярас тӗлӗшпе халлӗхе питӗ сахал ӗҫ тунӑ-ха.

Оратор ялхуҫалӑхне ертсе пырассине лайӑхлатма кирли ҫинчен калать. Ялан тенӗ пекех, Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви, ҫавӑн пекех парти обкомӗн работникӗсенчен нумайӑшӗ районсене тӗрлӗ сведенисем пухма пыраҫҫӗ, практикӑлла ӗҫре вара пулӑшу сахал параҫҫӗ, тет вӑл. Парти обкомӗн ялхуҫалӑх пайӗн колхозсемпе МТС-сене оперативлӑрах ертсе пымалла.

Республикӑра ялхуҫалӑх пропагандине начар йӗркеленӗ. Вӑтам пӗлӳ паракан ялхуҫалӑх шкулӗсенче кадрсем хатӗрлес ӗҫ япӑх пырать.

КПСС Ҫӗрпӳ райкомӗн секретарьне Кирпичев юлташа сӑмах параҫҫӗ. Вӑл ҫакна палӑртать: КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановление ырланине кӑтартса паракан тӗслӗхсенчен пӗри вӑл ӗҫсыннисем нумайӑшӗ МТС-сене, колхозсемпе совхозсене ӗҫлеме яма ыйтса заявлени пани пулать. Районти колхозсенче агрономсем тата зоотехниксем пулса ӗҫлеме кӑмӑл тунӑ 36 специалистран 10 ҫын аслӑ шкулсенчен, ыттисем—вӑтам шкулсенчен вӗренсе тухнӑ.

Ялхуҫалӑхне ертсе пырас ӗҫе лайӑхлатма кирлине шута илсе, парти райкомӗ кӑҫал парти активӗ валли ҫӗрӗҫӗпе зоотехника тата ялхуҫалӑх механизацийӗн ыйтӑвӗсем тӑрӑх лекцисем ирттерме йышӑнчӗ.

Кирпичев юлташ парти обкомӗ, республикӑн Министрӗсен Совечӗ, Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви халиччен районсене, МТС-сене тата колхозсене кирлӗ пек пулӑшса пыман тесе шутлать. Парти обкомӗн работникӗсем районсене нумай вӑхӑта сайра хутра кӑна каяҫҫӗ, вырӑнти работниксене ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерме сахал вӗрентеҫҫӗ.

Муркаш районӗнчи Сталин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Андреев юлташ хӑйсен колхозӗ мӗнле майпа темиҫе ҫул хушшинчех кая юлнӑ колхозран малта пыракан колхоз пулса тӑни ҫинчен каласа парать. Ҫак ялхуҫалӑх артелӗ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес енӗпе уйрӑмах пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ. Юлашки виҫӗ ҫул хушшинче колхозра мӑйракаллӑ шултра выльӑхсен хисепӗ икӗ хут ытла ӳснӗ. Сӗт суса илесси нумай ӳснӗ. Сысна ӗрчетес ӗҫе тимлӗн туса пыраҫҫӗ. 1951 ҫулта колхоз сысна ашӗ сутса 188 пин тенкӗ, пӗлтӗр 262 пин тенкӗ тупӑш илнӗ пулсан, кӑҫал сысна ашӗ сутса ҫур миллион тенкӗ таран тупӑш илет. Артель членӗсем ҫитес ҫул выльӑх-чӗрлӗхрен 750 пин тенкӗ тупӑш илме палӑртаҫҫӗ.

Выльӑх-чӗрлӗхрен пысӑк тупӑш илни обществӑлла хуҫалӑха вӑйлатса пыма пулӑшать. Колхозра выльӑхсем валли лайӑх витесем туса лартнӑ. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетни артеле вырӑнти удобренисем нумай парать, ҫакӑ вара тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерме пулӑшать.

Кӑҫал артель членӗсем кашни ӗҫкунӗ пуҫне 3—4-шар килограмм тырӑ, 2-шер килограмм ҫӗрулми илеҫҫӗ. Аванс шучӗпе кашни ӗҫкунӗ пуҫне пӗрер тенкӗ укҫа валеҫсе панӑ.

Пленумра Канашри моторсем юсакан завод директорӗ Училихин юлташ ҫак предприяти ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе чылай ыйтусем кӑларса тӑратрӗ. Завода урӑхлатса ҫӗнетесси ҫине ҫителӗксӗр пӑхаҫҫӗ. Пурӑнмалли ҫуртсем тума укҫатенкӗ уйӑрса памаҫҫӗ. Училихин юлташ республикӑри организацисенчен моторсем юсакан завод ҫине тимлӗнрех пӑхма ыйтать, ҫак завод Чӑваш республикинчи МТС-семпе колхозсен юсав ӗҫӗсене тумалли пӗртен-пӗр база пулса тӑрать.

Чӑваш АССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министрӗн заместителӗ Федотов юлташ хӑйӗн сӑмахӗнче ҫакна палӑртрӗ: хатӗрлев организацийӗсем япӑх ӗҫленине пула республикӑра выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем хатӗрлемелли план пурнӑҫланса пымасть. Сӑмахран, октябрӗн 1-мӗшӗ тӗлне ашкакай пӗлтӗр ҫак вӑхӑт тӗлне хатӗрленинчен сахалтарах хатӗрленӗ. Государствӑна аш-какай парас тӗлӗшпе Куславкка, Сӗнтӗрвӑрри, Вӑрмар, Сӗмӗрле, Йӗпреҫ тата ытти районсем юлса пыраҫҫӗ.

МТС ӗҫленӗшӗн натуроплата илмелли плана тултарасси чылай районсенче питех те япӑх пырать. Ҫакӑ вӑл МТС директорӗсем выльӑх-чӗрлӗх пӑхас ӗҫсене механизацилеме тӑрӑшманнине кӑтартса парать.

Федотов юлташ ялхуҫалӑх продукчӗсем хатӗрлес ӗҫ Канашпа Сӗмӗрле районӗсенче мӗнле пынине анализ туса парать. Сӗмӗрле районӗнче условисем чылай лайӑхрах, анчах та хатӗрлев ӗҫӗсем унта начартарах пыраҫҫӗ.

Нумай районсенче ҫӗрулми хатӗрлес ӗҫ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине хаклаmasҫҫӗ.

Етӗрне райисполкомӗн председателӗ Кочергина юлташ ҫапла кӑтартса пачӗ. КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановленире обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫри ҫитменлӗхсем ҫинчен кӑтартса пани Етӗрне районне те пӗтӗмӗшпех тивет.

— Пирӗн задача,— тет Кочергина юлташ,— обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе тӗпренех лайӑхлатасси, вӑл кая юлса пынине пӗтересси тата ҫитес икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче аш-какай, сӗт, ҫу тата ытти выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илессине татӑклӑнах ӳстересси пулать.

КПСС обкомӗ, Министрсен Совечӗ, Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви тата республикӑри ытти организацисем те колхозсене выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе вӑйлатас тӗлӗшпе ертсе пырассине тата пулӑшассине тӗпренех лайӑхлатни кирлӗ, тесе кӑтартса парать Кочергина юлташ.

Муркаш МТС директорӗ Лаврентьев юлташ партипе правительство ялхуҫалӑхне механизацилессишӗн кулленех тӑрӑшни ҫинчен калать. Муркаш МТС-не организацилени хыҫҫӑн иртнӗ икӗ ҫул ҫурӑ хушшинче унта тракторсемпе ытти машинӑсен хӑвачӗ пархне туса хунӑ, типовой мастерской, тракторсем лартмалли сарай, склад, пурӑнмалли пысӑк ҫурт, мунча, апат-ҫимӗҫ таварӗсен магазинӗ, агрохимлаборатори туса лартнӑ. Станци территорине йывӑҫсем лартса илемлетнӗ.

МТС-ри механизаторсем пленум решенийӗсене хӗрӳллӗн ырланӑ. Ӗлӗк механизатор пулса ӗҫленӗ ҫынсем МТС дирекцине ӗҫе илме ыйтса вуншар заявлени параҫҫӗ.

Лаврентьев юлташ республикӑри Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерстви машина-трактор станцийӗсене ертсе пырас ӗҫе лайӑхлатма тивӗҫлине кӑтартса парать. Министерство кадрсем суйласа илес, ҫамрӑк специалистсемпе усӑ курас ӗҫре пысӑк йӑнӑшсем тӑвать. Институтсенчен вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑн ҫамрӑк специалистсене МТС-семпе колхозсене ярас вырӑнне Министерство вӗсене пуринчен малтан хӑйӗн аппаратне илме тӑрӑшать. Ҫав специалистсем вара министерствӑра хутсем ҫырса ҫеҫ лараҫҫӗ. Машина-трактор станцине кашни кунах хутсем нумай пыраҫҫӗ, вӗсене вулама кӑна 2—3 сехет иртерес пулать. Специалистсем хут ҫырса ларинччен вырӑнта практикӑлла пулӑшу парсан чылай усӑллӑрах пулнӑ пулӗччӗ.

Автотракторосбытпа Сельхозснаб руководителӗсем, тет Лаврентьев юлташ, машина-трактор станцийӗсене ҫирӗплетнӗ номенклатура тӑрӑх запаслӑ пайсем парса тӑмаҫҫӗ.

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗн председателӗ Афанасьев юлташ ҫӗрӗҫ техникине лайӑхлатмалли майсем ҫинчен каласа пачӗ. Ялхуҫалӑх ӗҫӗнче техникӑпа усӑ курассине лайӑхлатмалла, тет вӑл. Ялхуҫалӑх ӗҫне механизацилинипе пӗрлех уй-хире тислӗк е урӑх удобренисем кӑларни ҫӗрӗҫ техникине лайӑхлатас ӗҫре чи кирли пулса тӑрать. Удобренисемсӗр ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерме май ҫук. Тырпул тухӑҫне ӳстерес тесен, малта пыракан колхозсенчи пек агротехникӑлла ӗҫсене пурне те туса ирттерни кирлӗ. Сортлӑ вӑрлӑх акмалла, тарӑн сухаламалла, ака-суха ӗҫне лайӑхлатмалла, тӗрӗс пусӑ ҫаврӑнӑшӗсем ҫине куҫмалла, уй-хире вырӑнти тата минераллӑ удобренисем кӑлармалла.

Удобренисемпе усӑ курас ӗҫре республикӑра халӗ ҫитменлӗхсем нумай, тет Афанасьев юлташ. Уя тислӗк кӑлармалли план ҫултан-ҫул тулаймасӑр юлать. Тислӗке тирпейлӗ купаласа усрамаҫҫӗ, мӗнле май килнӗ ҫавӑн пек салатса тӑкаҫҫӗ. Комсомольски, Чкаловски тата Елчӗк районӗсенче, хура тӑпрана тислӗк кирлӗ мар тесе, хӑшпӗр колхозсем тислӗке ҫырмана тӑкаҫҫӗ. Нихӑш колхозра та тислӗк пухса усрама ятарласа тунӑ вырӑнсене курма ҫук. Республикӑра торф нумай пулин те, ӑна уя кӑлармаҫҫӗ. Уйрӑмах Кувакино, Пӑрачкав, Тӑвай районӗсенче уя тислӗк сахал кӑлараҫҫӗ, ҫавӑнпа та ҫак районсенче тырпул тухӑҫлӑхӗ пысӑк мар.

Малалла Афанасьев юлташ силос валли кукуруза ытларах акма кирли ҫинчен калать. Курӑк тухӑҫлӑхӗ тата тутӑ тытасси енчен илсен, кукуруза силос тумалли ытти тӗрлӗ культурӑсенчен пуринчен те малта тӑрать.

Канашри ялхуҫалӑх механизаци училищин директорӗ Дмитриев юлташ вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче Канашри механизаци шкулӗнче мӗн пурӗ 8 пин механизатора яхӑн вӗрентсе кӑларни ҫинчен пӗлтерет.

Халӗ механизаци училищи умӗнче пысӑк задачӑсем тӑраҫҫӗ, унӑн МТС-сене ялан ӗҫлекен кадрсем хатӗрлесе памалла пулать. Кӑҫал училищӗне вӗренме илес ӗҫ лайӑхрах пырать, анчах та хӑшпӗр районсем ҫав ӗҫ ҫине ҫиелтен пӑхаҫҫӗ. Сиява МТС-ӗн пурӗ 41 ҫын вӗрентмелле, анчах октябрӗн 5-мӗшӗ тӗлне пӗр ҫын та яман. Улатӑр, Сӗнтӗр, Октябрьски МТС-ӗсем те ҫавӑн пекех хӑйсем валли кадрсем хатӗрлеме тӑрӑшмаҫҫӗ.

Училищӗре вӗренекенсен йышӗ кӑҫал нумайрах пулать. Ҫавӑнпа та училищӗне ҫуртсем те, машинӑсемпе тракторсем те ытларах кирлӗ пулаҫҫӗ.

Сӗмӗрле районӗнчи «Комбинат» колхоз председателӗ Моисеев юлташ районти колхозсене агрономи енчен япӑх пулӑшни ҫинчен калать. Пирӗн таврари 9 колхозра пурӗ 200 учитель ӗҫлет пулсан, агрономсем вара 3 ҫын ҫеҫ. Пирӗн ялта пурӗ 20 учитель пулсан, пӗр агроном та ҫук.

Моисеев юлташ кашни колхозрах парторганизаци секретарӗсене шалу парса ӗҫлеттермелле тума кирлӗ тесе шутлать.

КПСС Кувакино райкомӗн секретарӗ Дубов юлташ техникӑлла культурӑсене акса тӑвас ыйту ҫинче чарӑнса тӑрать. Районта йӗтӗн тата махорка акса тӑваҫҫӗ. Ку вӑл йывӑр ӗҫ пулин те, ӑна халлӗхе ҫителӗксӗр механизациленӗ.

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗн председателӗн заместителӗ Заинин юлташ колхозсенче тӗрӗс пусӑ ҫаврӑнӑшӗсем ҫине хӑвӑртрах куҫса ҫитме кирли ҫинчен калать. Унсӑрӑн тырпул тухӑҫлӑхне те, выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхне те ӳстерме ҫук.

Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Социализмла Ӗҫ Геройӗ Зайцев юлташ нумай енлӗ хуҫалӑха мӗнле аталантарса пыни ҫинчен каласа пачӗ. 1940—41 ҫулсенче колхозра гектартан 8—9-шар центнер тӗштырӑ туса илнӗ, халӗ 20—23-шер центнер пухса кӗртетпӗр,—тет Зайцев юлташ. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе те ҫитӗнӳсем тунӑ. 1940 ҫулта колхоз укҫан 104 пин тенкӗ тупӑш илнӗ, халӗ миллион ҫурӑ тенкӗрен иртет. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ ҫак ҫулта 750 пин тенкӗ тупӑш панӑ.

Колхоз малта пыракан агротехникӑна анлӑн усӑ курать. Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли лайӑх витесем туса панӑ, кирлӗ таран тӗрлӗ апат хатӗрленӗ.

КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановленипе хавхаланса, артель членӗсем обществӑлла хуҫалӑха малалла аталантарас тӗлӗшпе тумалли ӗҫсене палӑртрӗҫ, тет Зайцев юлташ. Ҫитес ик-виҫӗ ҫул хушшинче тӗштырӑ тухӑҫне гектар пуҫне 25—30 центнера ҫитерме, кашни ӗнерен ҫулталӑкра 3.000—3.500 литр таран сӗт суса илме палӑртнӑ. Ҫитес ҫулсенче колхоз тупӑшӗ 3—3,5 миллион тенке ҫитмелле.

ВЛКСМ обкомӗн секретарӗ Иванов юлташ комсомолецсемпе республикӑри ҫамрӑксем умӗнче тӑракан задачӑсем ҫинче чарӑнса тӑчӗ. Чӑваш республикинче ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем хушшинче пурӗ 23 пин комсомолец ытла ӗҫлет. Ҫакӑ вӑл—пысӑк вӑй. Ялхуҫалӑхне малалла аталантарас ӗҫре ҫавӑн пек вӑй парти организацийӗсене пысӑк пулӑшу пама пултарать. Пленум йышӑннӑ решени ҫамрӑксене лайӑхрах ӗҫлеме хавхалантарчӗ. Ҫамрӑксем механизаци училищисене вӗренме кайма заявленисем параҫҫӗ. Колхозсемпе МТС-сенче ӗҫлекен комсомолецсем производствӑра ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑваҫҫӗ. Ҫавӑнпа пӗрлех комсомол организацийӗсене ертсе пырас ӗҫре ҫитменлӗхсем те пур. Ялхуҫалӑхне малалла аталантарас ӗҫе ҫамрӑксене ытларах хутшӑнтарас тӗлӗшпе лайӑхрах ӗҫлеме кирлӗ пулать.

Малалла КПСС обкомӗн секретарӗ Шмаков юлташ сӑмах илет. Вӑл КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗн постановленийӗнче каланӑ ҫитменлӗхсем пирӗн республикӑна ытларах тивнине палӑртать.

Шмаков юлташ обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ыйту ҫинчен ытларах каларӗ. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ыйту ҫине республикӑра парти тата совет органӗсем ҫителӗклӗ ҫаврӑнса пӑхмаҫҫӗ. Чылай колхозсенче выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ тупӑшлӑ отрасль пулса тӑрайман. Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышӗ питех те ерипен ӳсет. Мӑйракаллӑ шултра выльӑхсем енӗпе 1952 ҫулта тӑватӑ район ҫеҫ плана тултарнӑ. Хӑшпӗр районсенче юлашки ҫулсенче обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх хисепӗ чакни те пулнӑ. Тӗслӗхрен, Сӗнтӗрвӑрри, Хӗрлӗ Чутай, Куславкка тата ытти хӑшпӗр районсенче мӑйракаллӑ шултра выльӑхсен хисепӗ 1951 ҫулта пулнинчен чылай чакнӑ.

Республикӑра выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе хӑвӑрт лайӑхлатма май пуррине малта пыракан колхозсен опычӗсем уҫҫӑн кӑтартса параҫҫӗ.

Куславкка тата Пӑрачкав районӗсенчи колхозсенче улӑхсемпе кӗтӳ ҫӳретмелли вырӑнсем, Вӑрнар, Калинино тата Красноармейски районӗсенчипе танлаштарсан, чылай нумайрах. Анчах та Куславккапа Пӑрачкав районӗсенче акакан 100 гектар ҫӗр пуҫне шутласан, выльӑх-чӗрлӗх сахалрах усраҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл партипе совет органӗсем выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе кирлӗ пек ӗҫлеменнинчен килет.

Малалла Шмаков юлташ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ Сӗнтӗрвӑрри районӗнче мӗншӗн юлса пынине кӑтартса парать. Районта ку ӗҫе тивӗҫлипе никам та ертсе пымасть. Выльӑх-чӗрлӗх йышне тата унӑн тухӑҫлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе Хӗрлӗ Чутай, Октябрьски, Советски, Вӑрнар, Чурачӑк тата Тӑвай районӗсенче те япӑх ӗҫлеҫҫӗ.

Шмаков юлташ малашне колхоз кӗтӗвӗнчи ӗнесен хисепне ӳстерме кирлине кӑтартса парать. Ҫавӑн пекех сысна фермисенче аш тухӑҫлӑхне ӳстермелле, выльӑхсем валли лайӑх витесем туса памалла.

Республикӑра выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ юлса пыни ялхуҫалӑхӗн ҫав отраслӗпе обком бюровӗ, Министрсен Совечӗ, парти райкомӗсем тата райсовет исполкомӗсем енчен ертсе пырас ӗҫре пысӑк ҫитменлӗхсем пурри ҫинчен калать,—тет Шмаков юлташ.—Обком бюровӗпе Министрсен Совечӗ районсенчи парти, совет тата ялхуҫалӑх органӗсене, колхоз тата МТС руководителӗсене выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ыйту ҫине кирлӗ пек тӗллеттереймен.

Районсенче ертсе пыракан работниксен ялхуҫалӑх ыйтӑвӗсем ҫинчен лайӑх пӗлмелле, унсӑрӑн ялхуҫалӑхне ертсе пыма йывӑр. Районти работниксем районта ӗҫ мӗнле пынине пӗлменнине малашне тӳсме ҫук.

Чӑваш АССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министрӗн ӗҫне туса пыракан Захаров юлташ Министерство КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ йышӑннӑ постановление пурнӑҫлас тӗлӗшпе мӗн-мӗн туни ҫинчен каласа пачӗ. 580 специалиста — агрономсемпе зоотехниксене—МТС-семпе колхозсене янӑ. Анчах та, тет оратор, чылай МТС-сенче агрономсемпе усӑ курассине кирлӗ пек йӗркелемен. Ҫавӑнпа та колхоза янӑ специалистсем тӗрӗссипе халӗ те ӗҫе тытӑнман-ха, вӗсем колхозра пурӑнмаҫҫӗ, колхоза пыра-пыра ҫеҫ каяҫҫӗ.

Ҫавӑнпа пӗрлех Захаров юлташ Министерство ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене те кӑтартса парать. Пленум йышӑннӑ постановление Министерство вӑрахӑн пурнӑҫа кӗртсе пырать.

Пленумра ҫавӑн пекех КПСС Калинино райкомӗн секретарӗ Сергеев юлташ, Чӑваш ялхуҫалӑх институчӗн директорӗ Калинцев юлташ, КПСС Сӗмӗрле райкомӗн секретарӗ Кузьмин юлташ, Чӑваш государство селекци станцийӗн директорӗ Лукьянченко юлташ тухса каларӗҫ.

Сӳтсе явнӑ ыйту тӑрӑх пленум тивӗҫлӗ решени йышӑнчӗ. Пленум Совет Союзӗн Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ йышӑннӑ постановление пӗтӗмпех ырларӗ, ӑна пурнӑҫа кӗртсе пыма пулчӗ.

# Тӗнчери лару-тăру

### ИКЕ ПОЛИТИКА — ИКЕ РЕЗУЛЬТАТ

Октябрӗн 7-мӗшӗнче Демократиллӗ Германи Республики тăватă çул тултарчӗ. Çак паллă куна нимӗçсем кăна мар, мире юрататакан пӗтӗм этемлӗх, Германи халăхӗн кун-çулӗне мир ӗçне хисеплекенсем пурте пысăк хавхаланупа паллăртрӗç.

Демократиллӗ Германи Республикине туса хуни кивӗ, агрессиллӗ Германи, Европăри халăхсене нумай хӗн-хурпа асап кӳнӗ Германи, вырăнне пачах çӗнӗ государство çуралса тăнине, мирпе ӗçлен Германийӗ, демократипе прогресс Германийӗ çуралса тăнине пӗлтерчӗ. Демократиллӗ Германи Республикине туса хуни çинчен пӗлтерсе, Германи халăхӗн малта пыракан патриотла вăйӗсем хăйсен Тăван çӗршывӗн пӗрлӗхне, ирӗклӗхне, никама пăхăнманлăхне сыхласа тăрас, ăна мир тата демократи çулӗпе, ытти халăхсемпе туслăн килӗштерсе ӗçлемелли çулпа аталантарса пырас ыра шухăшпа ирӗке ячӗç.

Тăватă çул—кӗске срок. Анчах та Демократиллӗ Германи Республики çак вăхăт хушшинче тунă çитӗнӳсем, Германи халăхӗн тăшманӗсем чăрмантарса, кансӗрлесе тăнине хирӗç йывăр кӗрешӳре тунă çитӗнӳсем питех те пысăк. Демократи лагерьне кӗрекен çӗршывсем, уйрăмах Совет Союзӗ паракан туслă пысăк пулăшу çине таянса, Демократиллӗ Германи Республикинчи ӗçсыннисем фашизма хирӗçле, демократиллӗ государство туса хурас ӗçе анлăн сарса ячӗç, Германи ыйтăвне мирлӗ майпа татса пама кирлӗ мерăсем йышăнчӗç.

Демократиллӗ Германи Республикин правительстви çак иртнӗ тăватă çул хушшинче халӗ пайланса тăракан Германие мирлӗ майпа пӗрлештермелле тăвас, хăйӗнпе мирлӗ договор тумала тăвас тĕлĕшпе ывăнма пӗлмесӗр ӗçлерӗ. Демократиллӗ Германи Республики пӗтӗм Германири мир вăйӗсен тӗревӗ пулса тăчӗ.

«Демократиллӗ Германи Республикине туса хунă историллӗ ӗçре,—тенӗ Г. М. Маленков юлташ О. Гротеволь патне янă саламлă телеграммăра, — Германи халăхӗн интересӗсем тата мире юрататакан, Европăри тата тӗнчери хăрушсăрлăха çирӗплетме тăрăшакан мӗнпур халăхсен интересӗсем пӗрлешсе тăраççӗ».

Германин Хӗвеланăç пайӗнче пурăнакан нимӗçсен кун-çулӗ Хӗвелтухăç Германири ӗçсыннисен телейлӗ шăпинчен пачах урăхла пулса тăчӗ. Империализмла державăсем пулăшнипе Хӗвеланăç Германире власть реакципе милитаризмăн тата реваншизмăн тӗттӗм вăйӗсен аллине куçрӗ. Вӗсем нимӗç халăхне тепӗр хут юнлă вăрçа кӗртсе яма, çӗршыв пайланса тăнине хăйсен тата океан леш енчи монополисен интересӗсемшӗн ӗмӗрлӗхе хăварма тăрăшаççӗ. Çавăнпа та Хӗвелтухăç Германире мире юрататакан демократиллӗ Германи государствине туса хунăранпа тăватă çул тултарни Германи халăхӗн хăйӗн телейӗшӗн пыракан кӗрешӳре малашнехи вăхăтра çӗнтерсе пымалли йывăрлăхсем çинчен те аса илтерет.

Хӗвеланăç Германире суйлав хыççăн иртнӗ пӗр уйăх хушшинчи ӗçсем Бонра пуç пулса тăракан Аденауэр ушкăнӗпе ăна хӳтӗлекен Америка хуçисем тата çавнашкал ытти çынсем «мирлӗ» политика «тытни» çинчен калакан демагогилле сăмахсем нимӗн тӗшне те тăманнине кăтартса пачӗç. Германи çаплах пайланса тăрасси, Европăри ӗçсем питех те йывăрланса çитесси, Германи агрессийӗ тепӗр хут çӗкленсе тăма пултаракан хăрушлăх ӳсесси халиччен те çак политикăран килнӗ. Анчах та хăйсен тăрлавсăр планӗсене пурнăçласси шӗн вӗсем уйрăмах суйлав хыççăн пӗтӗм вăя хурса кӗрешме тытăнчӗç. Суйлав хăйсене кирлӗ пек пулса иртнӗ хыççăн Хӗвеланăç Германире власть аланлăхах реваншистла этемсен аллинче çирӗпленсе юлать, тесе шутлаççӗ пулмалла вӗсем.

Хӗвеланăç Германире пурăнакансем сентябрь уйăхӗ тăршшӗпех тупăсем аслати пек кӗрленине, самолетсем çинчен пăрахакан, бомбăсем уланине, танксем чанкăртаттарнине илтсе пурăнчӗç. Çурçӗр Атлантика блокне кӗрекен çар чаçӗсем, пуринчен ытла, Америка çар чаçӗсем вӗсен çӗрӗ çинче маневрсем ирттерчӗç. Çавăнпа пӗр вăхăтрах нимӗç çарне тепӗр хут туса хурас тӗлӗшпе ӗçсем вăйланса пыраççӗ. Хӗвеланăç Германире тухса тăракан хаçатсем Бонра икӗ закон проекчӗ çырса хатӗрлени çинчен пӗлтерчӗç: пӗрри—çӗнӗрен туса хуракан çара добровольцсем илесси çинчен, тепри—пурне те тивӗç çар повинноçӗ туса хурасси çинчен. Промышленность çар хатӗрӗсем туса кăларас ӗçе ытларах та ытларах куçса пырать. «Европăри оборона пӗрлешӗвӗн» çар эксперчӗсене кăтартма Бонра Хӗвеланăç Германи хӗçпăшалӗсен вăрттăн выставкине уçни çинчен пӗлтерсе, Германири хаçатсем хальхи вăхăтра Хӗвеланăç Германире 400 ытла предприяти çар хатӗрӗсем туса кăларни çинчен çырчӗç. Çӗршыва стратегилле материалсем кӳрсе килесси вăйлăн ӳснӗ, çав вăхăтрах апат-çимӗç продукчӗсем тата граждански промышленность валли чӗр тавар кӳрсе килесси чакнă.

Вăрçа хирӗçле демократиллӗ шухăшсене пур майсемпе те путарса пынă вăхăтрах, Бонри пуç пулса тăракан ушкăнсем национализм шухăшне, реваншистла шухăшсене вăйлатса пыраççӗ. Хӗвеланăç Германири «хурçă шлем» текен милитаристла организаци иртнӗ уйăхра Францие хирӗç нăрçăпа тухассишӗн кампани пуçласа ячӗ. «Силези землячестви» текен çавнашкал тепӗр организаци вара Польшăн хӗвеланăçӗнчи çӗрӗсене туртса илесси çинчен ыйту кăларса тăратрӗ.

Бонри реваншистсен агрессиллӗ шухăшӗсем, паллах, нимӗçсем хăйсен çӗршывне мирлӗ майпа пӗрлештерессишӗн тăрăшнине хирӗç пыраççӗ. Çавăнпа та Аденауэр ушкăнӗ тата США-ри пуç пулса тăракан ушкăнсем мир лагерӗ Германи ыйтăвне мирлӗ майпа татса пама тăратакан сӗнӳсене путлантарса лартма тăрăшаççӗ. Нумаях пулмасть Германири телеграф агентстви АДН çапла пӗлтерчӗ: Америкăри пуян промышленниксен ушкăнӗ Даллеса Германи ыйтăвӗ тăрăх «çирӗпрех политика» тытма хушнă, мӗншӗн тесен Германие пӗрлештерни, вӗсен шучӗпе, Германире «нейтралистла шухăшсем» кăларма пултарать. Ку вăл Хӗвеланăç Германи промышленноçне çар хатӗрӗсем туса кăларас ӗçе куçарса пырасcине чăрмантарнă пулӗччӗ. Совет правительстви США, Англи тата Франци правительствисене Германи ыйтăвӗ пирки панă нота çинчен Америкăри буржуалла хаçатсем çырнисенчен çакă курăнать: монополистсем Германи ыйтăвне мирлӗ майпа татса парассипе интересленмеççӗ. Пӗрлешӳллӗ Штатсем, тесе çырать «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат, Германи ыйтăвӗ тăрăх тăватă держава канашлăвне ирттерес шухăш çине тахçантанпах ӗнтӗ сиввӗн пăхаççӗ. Ют çӗршывсенчи хаçатсем çырнă тăрăх, США оборона министрӗн заместителӗ Кайс Америкăн аслă офицерӗсен ушкăнне çапла каласа панă: суйлавра Аденауэр «çӗнтерни» «Германие пӗрлештерес хăрушлăха» сирсе ячӗ. Кунтан уçăрах калаймăн ӗнтӗ!

Çавăнпа та Германи ыйтăвӗ халӗ уйрăмах сивӗчленсе çитнинчен нимӗн тӗлӗнмелли те çук. Хальхи вăхăтшăн уйрăмах çакă паллă: Германи милитаризмне тепӗр хут вăйлатас тӗлӗшпе империалистсем туса хатӗрленӗ плансене хирӗç тăрасси вăйлăрах та организованнăрах пулса пыма пуçларӗ. Массăсем хӗснипе Англири, Францири тата ытти çӗршывсенчи буржуалла ушкăнсен представителӗсем те «Европа çарне» туса хурассине хирӗç тăраççӗ. Вӗсем хушшинче эпир çакăн пек çынсене тӗл пулатпăр: Англири лейбористсен пуçлăхӗ Эттли, Францири Наци пухăвӗн председателӗ Эррио, Франци премьер-министрӗ пулнă Даладье. Милитаризма хирӗç кӗрешесси Хӗвеланăç Германире хăйӗнче те вăйланса пырать. Вăрçа хатӗрленнипе тухакан расходсен йывăрлăхне, политикăлла репрессисен йывăрлăхне халăх ытларах та ытларах туять.

Демократиллӗ Германи Республики тăватă çул хушши ăнăçлăн тытăнса тăни, унăн тӗнчери пӗлтерӗшӗ вăйланса пыни—нимӗç халăхӗ Германи кун-çулне хăйӗн аллине илме, çапла вара наци катастрофа умне пырса тăрассине ирсе яма кирлӗ шанчăк пулса тăрать.

### НАЦИ ИНТЕРЕСĔСЕНЕ ПĂХМАСĂР

Сентябрь уйăхӗн вӗçӗнче Парижра тата Вашингтонра Франципе Америка пӗрле пӗлтернине пичетлесе кăларнă. Унта Франции колониллӗ çарӗсене Индо-Китайра вăрçă вăрçма Пӗрлешӳллӗ Штатсем Францие 385 миллион доллар укçа памалла туни çинчен каланă. Францире тухса тăракан нумай хаçатсем çак килӗшӳ çинчен пичетлесе кăларнă пӗлтерӳсене: «Долларсем тата салтаксем», «Долларсемшӗн—юн» тесе ят парса пичетлесе кăларнă. Çак сăмахсем вӗсем демократиллӗ Вьетнама хирӗç «ирсӗр вăрçă» вăрçни çине Франци халăхӗ мӗнле пăхнине кăна мар, тата кивçен укçа паракан Америкăпа кивçен укçа илекен Франци хушшинче пулса тăнă сыхăнусене те чылай енчен тӗрӗс кăтартса параççӗ.

Франци Америкăран çакнашкал кивçен укçа илесси тин пуçланнă ӗç мар ӗнтӗ. США конгресӗ унччен маларах та Вьетнама хирӗç вăрçă вăрçма кăçалхи çул валли Францие 400 миллион доллар укçа панă. США укçа парса «пулăшнăшăн», ют çӗршывсенчи хаçатсем çырса пӗлтернӗ тăрăх, Франци хăй енчен «Индо-Китайра тăшманăн регулярнăй вăйӗсене пайăн-пайăн уйăрса пӗтӗмпех çӗмӗрсе тăкас тӗлӗшпе хăйӗн пӗтӗм вăйне хурса» çапăçма пулнă. Çак тӗллевпе Франци Вьетнама çӗнӗрен тăхăр батальон, специалистсем ярса парать. Пукане пек Бао Дай государствинче пурăнакан вырăнти халăх шучӗпе çарсен йышне те ӳстерме палăртса хунă.

Анчах та, паллă ӗнтӗ, американецсем укçа ахаль памаççӗ. Франци çакăн пек «ырăлăх кӳнӗшӗн» мӗн чухлӗ ыйтма шутлаççӗ-ха вӗсем?

Франци хаçачӗсем çырнă тăрăх, килӗшӳре мӗн (ыйса хунине нумайăшне пытараççӗ, уя çинчен пӗлтермеççӗ. Анчах пулсан та Франс Пресс тата Рейтер агентствисем юкӗнӗ те пӗр вăхăтра тенӗ пекех çапла пӗлтерчӗç: Франци йышăннă обязательствăсенче Индо-Китайри пукане пек мӗнпур государствăсене—Бао Дай Вьетнамне, Патет-Лаона тата Кхмера «сăмахпа мар, чăннипе никама пăхăнманлăх» парасси çинчен калакан ыйăн пур. Çакă мӗне пӗлтернине чухласа илме йывăр мар. Америка империалисчӗсем Францие Индо-Китайран хӗссе кăларасшăн, унăн пуянлăхӗсене хăйсен аллине ярса илесшӗн. Кунта экономикăпа политика енӗпе тахçантанпах ӗнтӗ Америка монополийӗсем пуç пулса тăраççӗ. Унти «государствăсем» ячӗшӗн Франци пăхăнса тăни США империалисчӗсен çулӗ çинчи юлашки чăрмав кăна пулса тăрать.

Францине Америка хушшинче тунă килӗшӳ Франци общественноçне питех те тарăхтарнă. Французсем ирӗк пурнăçа юрататакан Вьетнам халăхне хирӗç вăрçă вăрçасси ăнăçсăр та кирлӗ мар ӗç пулнине тахçанах курса ӗненнӗ. Корейăра перемири тунă хыççăн Францире Вьетнамри вăрçа чарса лартассишӗн хăватлă юхăм пуçланчӗ. Вьетнамри вăрçа чарса лартни нумай пишшер çынсен пурнăçне сыхласа хăварнă пулӗччӗ, Индо-Китайра кашни кун миллиардшар франк укçа тăккаланине çӗршывра пулса тăнă йывăрлăха пӗтернӗ пулӗччӗ, Ниепт Хӗвелтухăçне мир кӳнӗ пулӗччӗ, тесе шухăшлаççӗ рядовой французсем. Америка укçа парса «пулăшни» Америка империалисчӗсен интересӗсемшӗн французсен аллипе вăрçă вăрçассине пӗлтерет.

«Америка укçине илнипе,—тесе çырнă Парижра тухса тăракан «Либерасьон» хаçатра Фурье журналист,—Франци правительстви Америкăна Кăнтăр Хӗвелтухăç Азире «тара кӗрӗшнӗ жандарм» пулма килӗшӳ пачӗ».

«Пирӗн правительствăн капитулянтла политики халиччен нихçан та çакăн пек уççăн тата наци интересӗсем çине хальхи пек йӗрӗнсе пăхни енчен палăрман,—тесе çырать «Комба» хаçат.—Пирӗншӗн çакă паллă—Франци правительстви Вашингтон приказӗсене пăхăнса тăрать».

Рядовой французсем хăйсене Америка мӗнле хăрушлăх патне тӗксе пынине хăйсен куçӗпе курса ӗненеççӗ.

### КИЧЕМ ШУХĂШСЕМ

США-ра çак кунсенче çӗршывăн экономикăлла пурнăçӗ сентябрь уйăхӗнче мӗнле иртнине официальнăй йӗркепе хак парса çырнă сведенисем пичетлесе кăларнă. Çакă вăл экономикăн малашлăхӗ пирки нумайăшне кичем шухăша ярать.

Суллахи уйăхсенче экономика начарланма пуçланнине бизнесменсем «вăхăтлăха пыракан» ӗç тесе шутланă. Анчах ӗçсем вӗсем шутланă пек пулмарӗç. Промышленность производствин шайне кăтартакан индекс иртнӗ уйăхра татах 2 пункт таран чакнă. Март уйăхӗнчен пуçласа производство пӗтӗмпе 9 пункт таран чакнă. Производство Америка экономикин мӗнпур отраслӗсенче чакнă.

«Ӗçлӗх хастарлăхӗн барометрӗсем уйăхсем хушшинче чакса пыраççӗ,—тесе кичемленсе çырать «Форчун» журнал. (Çак журнал шултра промышленниксен интересӗсене палăртса тăрать).—1949 çулхи çу кунӗсенчен вара хурçă туса кăларасси, хальхи производство хăвачӗпе танлаштарсан, 90 процент ытла чакрӗ,.. автомобильсем туса кăларасси, иртнӗ çулхи çуркуннепе танлаштарсан, 25 процент,.. çурт-йӗр строительстви, иртнӗ хӗлри шайпа танлаштарсан, 20 процент чакнă».

Çак журнал çырнисем çумне хушса тата чылай интереслă сведенисем илсе кăтартма пулать.

«Уолл-стрит джорнал» хаçат, сăмахран, çапла çырать: Америкăри хурçă шăрататакан заводсем хальхи вăхăтра, хăйсем ӗçлеме пултарнипе танлаштарсан, виçӗ пайран икӗ пай чухлӗ хăватпа кăна ӗçлесе тăраççӗ. Станоксем туса кăларма илекен заказсен сумми, 1951 çулхи август уйăхӗнчипе танлаштарсан, 60 миллион доллар чухлӗ чакнă.

Хаçатсем çавăн пекех тата тулашри суту-илӳ ӗçӗсем йывăрланса çитни çинчен те çыраççӗ. Тӗслӗхрен, ют çӗршывсене ялхуçалăх продукчӗсем сутасси юлашки çулталăк хушшинче виçӗ пайран пӗр пайӗ чухлӗ чакнă. Çакна пула çӗршывра пӗтӗм ялхуçалăх производстви вăйсăрланнă.

Çакна май, США-ри тӗрлӗ хуçасен шухăшӗсене палăртса, «Мэгэзин оф Уоллстрит» журнал: «кăçалхи çулăн вӗçӗнче ӗçлӗх хастарлăхӗ пӗтӗмӗшлӗн чакма пултарас хăрушлăх пур», тесе çырать.

Çакăн пек йывăрлăхран хăтăлса тухмалли майсем шыраса, монополистсем этемлӗхе хирӗç пыракан çул çине — çӗнӗрен вăйлă хӗçпăшалланас çул çине тăраççӗ. Çакăн пек тума шутлани çинчен «Америка банкирӗсен ассоциацийӗн» нумаях пулмасть пулса иртнӗ съездӗнче уççăнах каланă. Съездра тухса калакансем: «экономикăна пулăшмалли никӗс» вăл çар расхочӗсем пулаççӗ, тенӗ. Çавăнпа та вӗсем правительствăна демократи лагерьне кӗрекен çӗршывсемпе «нумай вăхăт хушши хирӗçсе нурăнас тӗлӗшпе хатӗр тăма» чӗннӗ.

Çакă вăл империалистсем «мир çинчен» сухăрашни нимӗн тӗшне те тăманнине тепӗр хут çирӗплетсе парать.

А. АЛЕКСАНДРОВ.

**ДЕМОКРАТИЛЛӖ ВЬЕТНАМ РЕСПУБЛИКИНЧЕ.**

Иртнӗ вăхăтра, çӗршывра Франци колонизаторӗсем пуç пулса тăнă чухне, халăх хушшинче хутла пӗлменнисем 90 процент шутланнă. Халăх правительстви ӳснӗ çынсене вӗрентме шкулсемпе курссем нумай уçнă. Республика туса хунăранпа Вьетнамри 14 миллион çын çырма тата вулама вӗреннӗ.

**УКЕРЧӖК ÇИНЧЕ:** хресченсем ӗç хыççăн тăван чӗлхепе хаçат вулаççӗ.

СИНЬХУА агентствин фотоӳкерчӗкӗ.

## Румынире Америка шпионӗсене суд тăваççӗ

БУХАРЕСТ, октябрӗн 9-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Бухарестри çар трибуналӗнче Америка шпионӗсен сучӗ пуçланнă. Çак шпионсене Америка разведки шпионла ӗçсем, террор тата ытти сăтăрла ӗçсем тăвас тӗллевпе Румыни территорийӗ çине самолетсем çинчен парашютсемпе антарса хăварнă пулнă.

Айăпланакансен тенкелӗ çинче 16 шпион ларать. Вӗсем хушшинче Александру Тенасе, Мирча Попович, Иоан Самоилэ, Иоан Голя, Гаврилэ Поп, Иоан Толан тата ыттисем те. Айăпласа çырнинче çапла каланă: Америка разведки, Франци, Греци тата ытти çӗршывсен разведкисем пулăшнипе, Румынирен ют çӗршывсене Хориа Симапа, Троян Боробарупа, Мирча Думитрупа, Мирча Мушкатескупа тата ытти сутăнчăк çынсемпе усă курать. Америка разведки Хора Симопа унăн юлташӗсем пухнă шпионсемпе террористсене Румыни Халăх Республикинче диверсиллӗ тата террористла ӗçсем тума ятарласа уçнă шкулсенче вӗрентсе хатӗрленӗ. Çав шкулсенчен вӗренсе тухнă хыççăн вӗсем Америка разведкинчен радиоаппаратура, шифрсем, хӗçпăшал, взрывчатка, наркăмăш, суя документсем тата укçа илнӗ. Çакăн хыççăн вӗсене Румыни Халăх Республикин территорине антарса хăварнă.

Айăпланакансем диверсилле тата террористла ӗçсем тунипе пӗрлех, экономика, политика, çар ӗçӗсем енӗпе шпионла сведенисем пухса, вӗсене Америка разведкине парса тăнă.

Следствире айăпланакансем пурте хăйсен айăпне йышăннă.

Айăпласа çырнине вуласа панă хыççăн ыйтса тӗпчеме тытăннă.

## Çурçӗр-Хӗвелтухăç Китайри аслă шкулсенче

ПЕКИН, октябрӗн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ çапла пӗлтерет: хальхи вăхăтра Çурçӗр-Хӗвелтухăç Китайра аслă шкулсем 25 шутланаççӗ. Вӗсенче 41 пин студент вӗренет. Ку вăл 4 çул каялла пулнинчен виçӗ хута ялăн ытларах.

Çурçӗр-Хӗвелтухăç Китайра, пӗтӗм çӗршыври пекех, техникăлла шкулсенче вӗренекен студентсен йышӗ уйрăмах хăвăрт ӳссе пырать. Сăмахран, Харбинри политехника институтӗнче хальхи вăхăтра 4 пин студента ялăн вӗренет. Çакă вăл çӗршыв ирӗке тухиччен вӗреннӗ студентсен хисепӗнчен 8 хут ытларах пулать. Çурçӗр-Хӗвелтухăç Китайри пысăк институтсенчен пӗринче — Çурçӗр-Хӗвелтухăçри политехника институтӗнче 5.300 студент вӗренет.

Çурçӗр-Хӗвелтухăç Китайри институтсемпе университетсенче Совет çӗршывӗн вӗрентӳ пособийӗсемпе анлăн усă кураççӗ. Профессорсемпе лекторсенчен пысăк пайӗ вырăс чӗлхине вӗренсе çитнӗ. Çак çул вӗçленнӗ тӗле Совет çӗршывӗнче кăларнă 44 учебнике китай чӗлхипе пичетлесе кăлараççӗ.

Юлашки тăватă çул хушшинче 5 институтран, вăл шутра медицина институчӗпе Çурçӗр-Хӗвелтухăçри педагогика институтӗнчен, 8 пин çын ытла вӗренсе тухнă. Иртнӗ çура Çурçӗр-Хӗвелтухăçри политехника институтӗнчен 3 пин ытла специалист вӗренсе тухнă. Ку вăл унченхи çулхинчен виçӗ хут ытларах пулать.

## Ирӗклӗ Триест Территорине пайлама Америкăпа Англи хатӗрленӗ план

ВАШИНГТОН, октябрӗн 9-мӗшӗ. (ТАСС). США государство департаменчӗ ӗнер США-па Англи правительствисем Ирӗклӗ Триест Территорийӗ çинчен пӗрле пӗлтернине пичетлесе кăларнă. США-па Англи çапла пӗлтереççӗ: вӗсем хăйсен çарӗсене Ирӗклӗ Триест Территорийӗн «А» зонинчен илсе тухаççӗ, çак зонăна тата Триест хулипе Триест портне Итали аллине параççӗ. «Б» зонăна Югослави çарӗсем оккупацилесе тăрасси çаплипех юлать.

Англипе Америка çарӗсене «А» зонăран илсе тухмалли тата Итали администрацийӗ туса хумалли срока халлӗхе палăртман-ха. Çак документран США-па Англи правительствисем Италипе тунă мирлӗ договорта Триест çинчен йышăннă решение пачах шута хуманни курăнать.

## Лисынмановецсен провокацилле ӗçӗсем

**Корейăри тӗп телеграф агентстви пӗлтерни**

ПХЕНЬЯН, октябрӗн 9-мӗшӗ. (ТАСС). Американецсем хӗтӗртнипе лисынмановецсем Корейăра перемирие пӗтерсе лартас тӗлӗшпе çаплах провокациллӗ ӗçсем тăваççӗ. Паян Корейăри тӗп телеграф агентстви хăйӗн корреспонденчӗ лисынмановецсем «Кăнтăр Корейăра Инди çарӗсем тăнине хирӗç протестлесе демонстраци» организацилени çинчен пӗлтернине парать. Октябрӗн 6-мӗшӗнче, тенӗ пӗлтерӳре, Кăнтăр Корейăри мӗнпур районсенче Ли Сын Ман влаçӗсем кăтартса панă тăрăх «Кăнтăр Корейăра Инди çарӗсем тăнине хирӗç протестлесе демонстраци» организациленӗ. Лисынмановецсем урамсене тӗрлӗ хулигансемпе шанчăксăр çынсене илсе тухнă. Вӗсем Индие хирӗçле лозунгсем кăшкăрнă.

### НОРВЕГИ ХАÇАЧӖ ПӖРЛЕШӲЛЛӖ ШТАТСЕНЕ БАЗĂСЕМ ТУМА ИРӖК ПАРАССИНЕ ХИРӖÇ ÇЫРАТЬ

ОСЛО, октябрӗн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Данире тухса тăракан «Политикен» хаçатра статья тухнă. Унта: Норвегипе Данире суйлавсем пулса иртнӗ хыççăн, Норвегипе Дани территорийӗсенче Америка валли базăсем тăвас ыйтăва тепӗр хут хускатаççӗ, тесе çырнă. Çакна хирӗç «Дагбладет» хаçат хăй енчен татăклă отпор парса статья пичетлесе кăларнă.

«Эпир кунта базăсем тӗлӗшпе Норвеги тытакан шухăша хирӗç психологилле вăрçă тенӗскерне çӗнӗрен пуçласа яма хăтланнине куратпăр»,—тесе çырать хаçат.—Çак шухăш вăл акă мӗнле: вăрçă хăрушлăхӗ тӳррӗнех тухса тăман вăхăтра Норвеги хăйӗн территорийӗнче ют çӗршывсен базисене тытасшăн мар. США диктатура çӗршывӗнче—Испанире—нумаях пулмасть базăсем туянни рядовой норвежеца американецсем валли Норвегире базăсем парас шухăш майлă çавăрмасть. Рядовой гражданин хăйӗн шухăшне суйлав иртнӗ хыççăн та улăштармасть. Çакна шанчăклăнах калама пулать».

## Британи Гвианинчи лару-тăру пирки

ЛОНДОН, октябрӗн 9-мӗшӗ. (ТАСС). Англи правительстви Британи Гвианин конституцине чарса лартма йышăнни çинчен пӗлтернӗ.

Англи правительстви çавăн пекех тата Англи колонийӗн—Британи Гвианин губернаторӗ Сэвэдж октябрӗн 9-мӗшӗнче радио тăрăх тухса каланă чухне çӗршывра чрезвычайнăй лару-тăру туса хуни çинчен каланă, тесе пӗлтернӗ. Англи губернаторӗ Британи Гвианине тытса тăрас ӗçе хăйӗн аллине илни çинчен пӗлтернӗ.

## *Иранри лару-тăру*

ТЕГЕРАН, октябрӗн 9-мӗшӗ. (ТАСС). «Кейхан» хаçат пӗлтернӗ тăрăх, çар влаçӗсем октябрӗн 8-мӗшӗнче Тегеранра 300 çынна ытла арестленӗ.

Ӗнер ирхине студентсем университет умӗнче митинг ирттернӗ. Митинга салтаксемпе полицейскисем салатса янă, темиçе студента арестленӗ.

## Куславккари пурăнмалли çуртсем тăвакан заводра

**(Районти «Ленин ялавӗ» хаçатран)**

✦ **Йывăçран хăма çурас кăларасси** ӳснӗ. Хăма çуракан цехра пӗренесене çуриччен çуса тасатма ятарласа душ тунă. Кунта хăма çуракан рамăсене тата пăчкăсен шăлӗсене çӗнӗ майпа хăйрассине лайăхлатнă. Тӗп производство каяшӗсенчен строительство дранкисем туса 2 тӗрлеме тытăннă. Çакна пула йывăçран ӗçе юрăхлă хăмасем çурса кăларасси планпа пăхнă 63,7 процент вырăнне 68 процента çити ӳснӗ.

✦ **Рационализацин икӗ уйăхри итогӗсем.** Çуртсем тăвакансен коллективӗ рационализаторла сӗнӳсемпе изобретенисем пухмалли тата вӗсене пурнăçа кӗртмелли икӗ уйăхлăх ирттернӗ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем çулталăкра 500 пин тенкӗ перекетлеме пулăшакан сӗнӳсем панă. Кăçал панă рационализаторла сӗнӳсемпе изобретенисем çулталăкра 1,5 миллион тенкӗ перекетлеме пулăшаççӗ.

✦ **Çурт тăвакансем — техникумсемпе институтсенче.** Çамрăк рабочисен каçхи шкулӗнчен вӗренсе тухнисем чылайăшӗ кăçал техникумсемпе институтсене вӗренме кайрӗç. Диспетчер пулнă А. Истомин халӗ Ленинградри механически институтра, слесарь Ф. Нуруллин—Хусанти химипе технологи институтӗнче, электромонтер Н. Карцев—Улатăрти чугун çул транспорчӗн техникумӗнче вӗренеççӗ.

## Техникăна вӗренеççӗ

ÇӖМӖРЛЕ. Экстракт тăвакан «Большевик» заводра техникăна вӗренмелли семинар ӗçлет. Унта инженерсемпе техниксем, мастерсем вӗренеççӗ. Юлашки вăхăтра семинарта Куйбышев тата Сталинград хулисенчен Мускава электричество энергийӗ памалли линисем çинчен, ССР Союзне пиллӗкмӗш пилӗкçуллăхра аталантарасси, экстракт пахалăхне лайăхлатасси, таннид тумалли чӗрташарсем çинчен т. ыт. те докладсемпе лекцисем итленӗ.

Семинарта вӗренекенсем теорие кулленхи ӗçпе çыхăнтарма, наукăпа техникăн çӗнӗ çитӗнӗвӗсемпе заводра анлăн усă курма тăрăшаççӗ. Семинарта вӗренни инженерсемпе техниксен тата мастерсен творчествăлла активлăхне ӳстерет, умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçлама пулăшать.

И. ЕВГЕНЬЕВ.

## Радио кӗртеççӗ

ÇĔРПӲ. Жданов ячӗпе тăракан колхоз хуçалăхпа организаци енчен çулсеренех тӗрекленет, колхозниксен пурнăçӗ лайăхланать. Вӗсен культура шайӗ те ӳсех пырать. Халӗ колхозниксен килӗсене радио кӗртме тытăннă. Октябрь уявӗ тӗлне яла радиофикацилесе çитерме тăрăшаççӗ.

Г. ФЕДОРОВ.

## *Çамрăк атлетсен кӗркуннехи ăмăртăвӗ*

Иртнӗ вырсарникун Шупашкарта Атăл хӗрринче ӗçсыннисем йышлă пулчӗç. Кунта Шупашкар хулинчи çамрăк атлетсен кӗркуннехи ăмăртăвӗ пулса иртрӗ. Ăмăртăва шкулсемпе техникумсен коллективӗсенчи 100 çын ытла хутшăнчӗç.

...Судья ăмăрту пуçланни çинчен пӗлтерчӗ. Чи малтанах хӗрачасем 500 метр ăмăртса чупрӗç, пӗррӗмӗш вырăна З. Алексеева (хӗрачасен 5-мӗш шкулӗ) тухрӗ. Унăн результачӗ—пӗр минут та 41,3 секунд.

Арçын ачасем 1.000 метр ăмăртса чупнă чухне Уэянов (11-мӗш шкул) мала тухрӗ. Вăл çак дистанцие 3 минут та 31 секундра чупса тухнă.

Хӗрарăмсем 500 тата 1.000 метра чупас тӗлӗшпе ăмăртрӗç. Педагогика институтӗнчи спортсменка Савельева 500 метра пӗр минут та 41 секундра чупса тухса, пӗррӗмӗш вырăн йышăнма тивӗçлӗ пулчӗ. 1.000 метр чупас енӗпе те çак институтри Абасеева спортсменка мала тухрӗ.

Арçынсем 1.000 тата 3.000 метр ăмăртса чупрӗç. Хулари паллă спортсмен Толстов (педагогика институчӗ) 1.000 метра питӗ хăвăрт чупса тухрӗ. Унăн результачӗ—3 минут та 16,2 секунд. Ялхуçалăх институчӗн представителӗ Миронов, 3.000 метра 9 минут та 55 секундра чупса тухса, пӗррӗмӗш вырăн йышăнчӗ.

Пӗтӗмӗшпе илсен, хӗрачасен шкулӗсем енӗпе 5-мӗш шкул команди, арçын ачасен шкулӗсем енӗпе 4-мӗш шкул команди, ытти шкулсен командисем енӗпе 6-мӗш шкул команди, аслă шкулсем енӗпе педагогика институчӗн команди, техникумсем енӗпе энергетика техникумӗн команди пӗррӗмӗш вырăнсене йышăнма тивӗçлӗ пулчӗç. Мала тухнă командăсене куçса çӳрекен призсем пачӗç.

## *Атăл çинче*

Кăçал Атăл шывӗ Шупашкар тӗлӗнче сентябрӗн 3-мӗшӗнче хушăнма пуçларӗ. Октябрӗн 8-мӗшӗччен пурӗ 346 сантиметр хушăннă. Юлашки виçӗ талăк хушшинче Атăл шывӗ улшăнмасăр, пӗр шайра тăрать.

Гидрометстанцин Горькири управленийӗ пӗлтернӗ тăрăх, Шупашкар тӗлӗнче Атăл шывӗ тата тепӗр метра яхăн хушăнмалла.

Ӗнер ирхине 8 сехет тӗлне шывра 7,8 градус ăшă, сывлăшра 1,2 градус ăшă пулнă.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнăç пайӗ—3-09, обзорсен пайӗ—8-84, пропаганда пайӗ—8-21, ялхуçалăх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, çырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01498 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2266, Тираж 20.000 экз.